ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Май
8
ЭРНЕКУН
№ 90 (8999)

36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**



## КОММУНИСТĂН ХИСЕПЛĔ ЯЧĔ

Пирĕн хăватлă Тăван çĕршыв хăйĕн вăйĕсем чечекленсе ÿснĕ тапхăрта пурăнать, çĕнĕ çитĕнÿсем патне шанчăклăн пырать. Социализмлă Тăван çĕршыв вăйхăвачĕ тăтăшах малалла ÿсни Коммунистсен партийĕн политикине тĕрĕс пурнăçласа пынин результачĕ пулать.

Совет халăхĕ Коммунистсен партийĕ хыççăн çирĕппĕн малалла утать, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн вăй-хала шеллемесĕр тăрăшса ĕçлет.

Пирĕн çулпуçăмăрпа учителĕмĕр Сталин юлташ коммунистсен аслă çарне кĕрешÿре писĕхтерчĕ. Коммунистсем—коммунизм обществин хастарлă строителĕсем, партипе халăх ĕçĕшĕн çине тăрса кĕрешекенсем.

«Эпир, коммунистсем,—тесе каланĕ Сталин юлташ,—уйрăм йышши çынсем. Эпир—аслă пролетарилле стратегăн çарĕ, Ленин юлташăн çарĕ пулса тăратпăр. Çав çарта тăрассинчен хисеплĕ урăх нимĕн те çук. Ленин туса, ертсе пынă партин членĕ ятĕнчен хисеплĕ урăх нимĕн те çук...»

Коммунистсем—совет халăхĕн чи лайăх та малта пыракан ывăлĕсемпе хĕрĕсем. Вĕсем халăха ырлăх кÿрессишĕн яланах хăйсен пурнăçне шеллемесĕр кĕрешрĕç. Халĕ, пирĕн çĕршыв коммунизм строительствин питĕх те пысăк задачисене пурнăçласа пынă чухне, коммунист ролĕ татах та ÿсет.

Партин XIX-мĕш съезчĕ çирĕплетнĕ Уставра коммунист обязанноçĕсемпе задачисене питĕ уçăмлăн кăтартса панă.

Устав коммуниста партин вăйĕпе хăвачĕн тĕп условийĕ пулса тăракан парти пĕрлĕхне пур майсемпе те сыхлама хушать. Коммунист парти ĕçĕшĕн чунтанчĕререн тăрăшни вăл парти решенийĕсем çине мĕнле пăхнинче палăрать. Парти членĕшĕн парти решенийĕсемпе килĕшни çеç çителĕксĕр, парти членĕ решенисене пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешме тивĕçлĕ. Парти кашни коммуниста хăйĕн авангардлă рольне пурнăçласа пыма, ĕçре кăтартуллă пулма, хăйĕн ĕçĕн техникине вĕренсе пĕлме, обществăлла социализмла харпăрлăха пур майсемпе те сыхласа усрама тата тĕреклетме хушать. Парти членĕ партипе государство дисциплинине çирĕппĕн пурнăçласа пыма, парти умĕнче тĕрĕс те тÿрĕ çын пулма, самокритикăна тата аялтан килекен критикăна сарса пыма, кадрсене тĕрĕс суйласа илесси çинчен парти кăтартса панисене пурнăçа кĕртсе пыма тивĕçлĕ.

Коммунизм строительствин мĕнпур участокĕсенче—фабрикăсенче, заводсенче, транспортра, колхозсемпе МТС-сенче — коммунистсен авангардлă ролĕ, вĕсен ĕçсыннисем хушшинчи организаторла ĕçĕсем халăх хуçалăхĕн планĕсене ăнăçлă пурнăçлама, социализмла Тăван çĕршыв вăй-хăватне малалла тĕреклетме май параççĕ.

Коммунист ĕçре паха тĕслĕх кăтартни ĕçсыннисен хастарлăхне ÿстерет. Коммунистсем социализмла ăмăртăва пуçарса пыракансем, промышленноçпа ялхуçалăхĕнче, наукăпа техникăри новаторсем пулса тăраççĕ,—çакăн çинчен пĕтĕм халăх пĕлет. Производствăра ĕçлекен коммунистсем пуçарнипе, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн тата унăн хăйне ларакан хакне йÿнетессишĕн кĕрешÿ анлăн сарăлса пырать. Ялхуçалăхĕнче ĕçлекен коммунистсем мĕнпур вăйсемпе ресурссене партин XIX-мĕш съезчĕ лартнă тĕп задачăна татса парас ĕçе мобилизациленеççĕ.

Республикăри малта пыракан колхоз председателĕсене Социализмла Ĕç Геройĕсене С. К. Коротковпа В. В. Зайцев юлташсене пурте пĕлеççĕ. Вĕсемпе пĕрле ялхуçалăхĕнче малта пыракан ытти юлташсем те пысăк çитĕнÿсем турĕç. Вĕсем коммунистăн хисеплĕ ятне çÿлте тытса пыраççĕ, хăйсен паттăр ĕçĕсемпе пирĕн Тăван çĕршыв мухтавĕне тĕрекне ÿстереççĕ.

Промышленность предприятийĕсенче, транспортра тата стройкăсенче коммунистсем партире тăманнисемпе пĕрле ĕçре пысăк çитĕнÿсем тăваççĕ. Çапла, сăмахран, КПСС членĕн кандидачĕ Судаков юлташ (электроаппаратура завочĕ), станока лайăхлатса тата ĕçре çĕнĕ меслетсемпе усă курса, нормăна кулленех 240 процент таран тултарать. Çак заводри токарь-коммунист Марсынков юлташ та çавăн пекех ăнăçлă ĕçлет. Шупашкарти пир-авăр фабрикинче ĕçлекен коммунист-ткачиха Егорова юлташ 1951—1952 çулсенче икшер çулталăк нормине тултарнă. Вăл яланах пĕрремĕш сортлă продукци туса кăларать.

Парти членĕн кандидачĕ М. Сысуйкин юлташăн ячĕ те республикăра чапа тухрĕ. Вăл Кире вăрманпромхозĕнче тракторист пулса ĕçлет. Сысуйкин юлташа иртнĕ çулта Россия Федерацийĕнче мала тухнăшăн СССР Вăрман промышленноçĕн тата сулăпа вăрман юхтаракансен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕн Хисеплĕ грамотипе наградăланă. Çакăн пек тĕслĕхсене татах та нумай илсе кăтартма пулать.

Промышленность предприятийĕсенчи, МТС-сенчи тата колхозсенчи парти организацийĕсен задачи — малта пыракансен опытне пĕтĕçтерсе анлăн сарасси, мĕнпур коммунистсене Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн хастарлăн кĕрешме мобилизацилесси пулать.

Пирĕн хушăра коммунистăн хисеплĕ ячĕшĕн ответлăха туллин туйман, партипе правительство решенийĕсем çине формальнă пăхакан, дисциплинăна пăсакан, йăлара хăйсене тирпейсĕр тытакан юлташсем те пур-ха. Тĕслĕхрен, КПСС Шупашкар хула комитечĕ нумаях пулмасть кинотеатр директорĕ пулнă П. Перлова партирен кăларса ĕçрен хăтарчĕ. Вăл партин хула комитечĕ кинотеатр ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе йышăннă решенисене пурнăçламан, хăйне йăлара тивĕçсĕр тыткаланă, час-часах ĕçнĕ. Вăрнар районĕнчи Пăртас ял Совет председателĕ В. Данилов юлташ, хăйĕн ĕç вырăнĕпе усă курса, государство укçине 1.384 тенкĕ салатнă, пенси тĕрĕс мар илсе пурăннă, суя документсем çырнă. КПСС Вăрнар райкомĕ Данилова партирен кăларнă. Партин Кувакино райкомĕ Заготживсырьен районти кантурĕн директорне Шляпникова 8.400 тенкĕлĕх çăм çаратнăшăн партирен кăларнă.

Кунта асăннă çынсем парти членĕн сăн-сăпатне çухатнă, КПСС членĕн хисеплĕ ятне илтме тивĕçлĕ мар пулса тăнă. Çавăнпа та вĕсене партирен кăларма тивнĕ. Ку çынсем çавнашкал йăнăшсемпе айăп тунăшăн парти организацийĕсем те ответлă, вĕсем асăннă работниксене воспитани парас тĕлĕшпе вăхăтра кирлĕ мерăсем йышăнман, вĕсене киревсĕр ĕçсем тăвассинчен çийĕнчех асăрхаттарман.

Парти умĕнче тăракан задачăсем парти организацийĕсене ытларах çирĕплетме, коммунистсен кĕрешÿри пултарулăхне малалла ÿстерме хушаççĕ. Парти хăйĕн членĕсем активлă пулнипе вăйлă.

Сталин юлташ парти членĕн хисеплĕ ятне çÿлерех çĕклессишĕн, çак аслă ятăн тасалăхĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешнĕ. Сталин юлташ çапла вĕрентнĕ: Коммунистсен партийĕн вăйĕ унăн членĕсен хисепĕнчен мар, парти членĕсен пахалăхĕнчен, çирĕплĕхĕнчен тата вĕсем пролетариат ĕçне парăннинчен килет. Пирĕн партин вăйĕне никам çĕнтерейменлĕхĕ—унăн речĕсем пĕрлĕхлĕ те пĕтĕçÿллĕ пулнинче, парти членĕсем хăйсен ĕçне партие пăхăнтарма пултарнинче, парти членĕн хисеплĕ ятне çÿлте тытса пыма пултарнинче.

Партин мĕнпур организацийĕсен коммунистсене парти политикипе решенисене пурнăçа кĕртессишĕн активлă кĕрешекенсем пулма воспитани памалла, марксизм-ленинизм теорийĕне хĕçпăшаллантармалла. Коммунистсен активлăхне ÿстерме критикăпа самокритикăна сарса пымалла. Çак тĕллевпе партин шалти ĕçĕн шайне ÿстермелле, партин шалти демократине пурнăçласа пымалла. Парти комитечĕсен пленумĕсене, парти пухăвĕсене парти Уставĕнче кăтартса панă срокра ирттерни, мĕнпур коммунистсене парти ĕçне активлăн хутшăнтарни кирлĕ.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### Г. И. Петровский юлташа Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ парса наградăласси çинчен

Г. И. Петровский юлташ çуралнăранпа 75 çул тултарнă май тата вăл Совет государстви умĕнче тава тивĕçлĕ ĕçсем тунине шута илсе, Григорий Иванович Петровский юлташа Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ парса наградăлас.

**СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.**
**СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.**

Мускав, Кремль. 1953 çулхи апрелĕн 28-мĕшĕ.

### Радио кунне паллă туни

Республикăри ĕçсыннисем Радио кунне чыслăн паллă турĕç.

Ĕнер, майăн 7-мĕшĕнче, Шупашкарта Учительсен çуртĕнче хулари çыхăну работникĕсен, радио ĕçне юратакансен тата радио итлекенсен пухăвĕ пулса иртрĕ. Пухура Радио кунĕ тата радиофикацине республика умĕнче тăракан задачăсем çинчен П. Александров юлташ доклад туса пачĕ.

Юлашкинчен концерт пулчĕ.

# Çураки ĕçĕсене мĕнпур майсемпе хăвăртлатар!

* *

## Виçĕ республика ăмăртăвĕ

**МАЙĂН 5-мĕшĕ ТĔЛНЕ ÇУРАКИ ПЛАННЕ ÇАКĂН ЧУХЛЕ ТУЛТАРНĂ (ПРОЦЕНТПА)**

| | Мордва АССР-ĕ | Мари АССР-ĕ | Чăваш АССР-ĕ |
|---|---|---|---|
| Çуртри акнă | 24,3 | 3,5 | 23,2 |
| вăл шутра: | | | |
| пĕрчĕллĕ тата пăрçа йышши культурăсем | 30,2 | 4,6 | 27,3 |
| çурхи тулă | 45,2 | 10,8 | 33,4 |
| пĕр çул ÿсекен курăксем | 13,3 | 1,5 | 36,2 |
| тымарçимĕçсем | 6,1 | — | 9,1 |
| силос культурисем | — | — | 16 |
| нумай çул ÿсекен курăксем | 21,2 | 27,6 | 71,6 |
| Кĕрхи тырăсен калчисене удобренисем сапса панă | 116,4 | 81,1 | 91,7 |
| Нумай çул ÿсекен курăксене удобренисем сапса панă | 58,3 | 22,5 | 33 |

## Чăваш АССР-ĕнчи колхозсенче çураки мĕнле пынине кăтартакан СВОДКА

1953 çулхи майăн 5-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| Районсем | Çуртри акнă (пĕтĕмпе) | Пĕрчĕллĕ тата пăрçа йышши культурăсем (викăпа пĕрле) | Çурхи тулă | Пĕр çул ÿсекен курăксем | Тымарçимĕçсем | Силос культурисем | Нумай çул ÿсекен курăксем |
|---|---|---|---|---|---|---|---|
| Красноармейски | 41,5 | 49,8 | 50,5 | 63,5 | 12,9 | 36,6 | 76,2 |
| Элĕк | 39,6 | 47,7 | 45,3 | 59,0 | 8,7 | 17,7 | 73,3 |
| Советски | 38,5 | 49,7 | 51,7 | 54,3 | 5,0 | 22,7 | 61,0 |
| Муркаш | 33,6 | 40,1 | 57,9 | 57,4 | 1,5 | 28,8 | 80,2 |
| Калинино | 32,2 | 38,3 | 46,1 | 48,7 | 16,4 | 27,3 | 84,6 |
| Шăхасан | 30,9 | 35,2 | 45,9 | 52,4 | 12,0 | 20,5 | 109,0 |
| Сĕнтĕр | 30,0 | 40,8 | 53,7 | 32,1 | 4,8 | 17,5 | 102,6 |
| Хĕрлĕ Чутай | 28,8 | 34,3 | 39,8 | 25,1 | 7,3 | 15,0 | 75,1 |
| Ишлей | 27,8 | 34,4 | 44,6 | 39,7 | 7,0 | 11,1 | 76,8 |
| Чурачăк | 77,8 | 32,5 | 34,5 | 41,0 | 11,2 | 22,2 | 95,6 |
| Елчĕк | 27,7 | 33,2 | 45,6 | 15,7 | 26,0 | 8,2 | 42,5 |
| Комсомольски | 24,5 | 27,0 | 39,5 | 33,5 | 30,5 | 38,3 | 65,1 |
| Шупашкар | 24,2 | 27,3 | 19,2 | 53,9 | 8,1 | 32,2 | 72,0 |
| Чкаловски | 23,0 | 23,2 | 36,6 | 47,0 | 19,5 | 26,2 | 39,7 |
| Шăмăршă | 22,3 | 24,4 | 36,0 | 34,7 | 3,5 | 5,0 | 45,7 |
| Сĕнтĕрвăрри | 20,6 | 25,9 | 20,4 | 37,1 | 10,0 | 5,3 | 117,1 |
| Канаш | 19,9 | 21,9 | 33,1 | 30,1 | 4,0 | 20,0 | 96,0 |
| Çĕмĕрле | 19,3 | 25,7 | 38,2 | 35,3 | — | 16,6 | 29,1 |
| Вăрнар | 18,7 | 22,5 | 33,8 | 30,0 | 6,0 | 12,7 | 74,1 |
| Октябрьски | 18,5 | 22,6 | 31,0 | 23,1 | — | 5,4 | 78,4 |
| Етĕрне | 18,4 | 25,6 | 23,3 | 32,5 | 10,6 | 9,4 | 79,1 |
| Çĕрпÿ | 17,4 | 18,6 | 13,1 | 35,7 | 10,4 | 18,2 | 89,0 |
| Первомайски | 15,8 | 18,6 | 28,5 | 33,4 | 3,3 | 3,5 | 59,8 |
| Кувакино | 15,5 | 17,5 | 26,3 | 37,8 | 6,2 | — | 59,4 |
| Куславкка | 15,2 | 18,5 | 17,2 | 19,8 | 15,5 | 15,5 | 88,4 |
| Йĕпреç | 15,1 | 17,6 | 32,8 | 31,0 | 6,3 | 11,6 | 85,9 |
| Пăрачкав | 14,5 | 17,0 | 30,3 | 23,0 | 6,2 | — | 45,6 |
| Вăрмар | 11,6 | 12,1 | 16,0 | 29,2 | 4,0 | 5,0 | 69,6 |
| Улатăр | 8,7 | 11,9 | 7,2 | 3,5 | — | 9,0 | 36,1 |
| Тăвай | 7,7 | 9,7 | 18,3 | 10,3 | 0,5 | 1,1 | 65,6 |

* *

## Çуракине ăнăçлă вĕçлессишĕн

КОМСОМОЛЬСКИ. «Гигант» колхоз членĕсем кăçалхи çуракине пур енчен те тĕплĕн хатĕрленнипе кĕтсе илчĕç. Халĕ колхозăн уй-хирĕнче хĕрÿ ĕç пырать. Уйхирте ĕçлекен колхозниксемпе механизаторсем çуракине агротехника тĕлĕшĕнчен чи лайăх вăхăтра тата пысăк пахалăхпа ирттерессишĕн кĕрешеççĕ.

Кăçал уй-хир бригадисем кĕрхи çĕртме тунă участоксемпе кĕрхи тырăсен калчисене вăхăтра сÿрелерĕç, тăпрари нÿрĕке сыхласа хăварас ĕçе тĕплĕн туса пычĕç. 150 гектар çинчи кĕрхи тырăсен калчисене удобренисем сапса панă.

Халĕ колхоз хирĕнче ир-ирех пуçласа каçченех ĕçлеççĕ. Икĕ касăллă 30 плугпа суха тăваççĕ, вăхăтра сÿрелесе сеялкăсемпе тырă акаççĕ.

Ял Совет депутачĕ Л. Вишнев ертсе пыракан 5-мĕш тата Е. Голландцев юлташ ертсе пыракан 1-мĕш уй-хир бригадисем ака-суха ĕçĕнче малта пыраççĕ. Вĕсем тулăпа сĕлĕ тата викăпа нумай çул ÿсекен курăксем акса пĕтерне. Ку бригадăри Г. Тишов, И. Ченакин, М. Жестянкин, П. Белов, Н. Степанов, В. Пыркин тата А. Скворцов юлташсем тырă акнă çĕрте кулленхи ĕç нормине 125—130 процент тултарса пычĕç. Ытти бригадăсенче В. Салмин, Г. Ченакин, А. Абуков, З. Тимофеев, В. Титов юлташсем акнă çĕрте ăнăçлă ĕçлеççĕ. Колхозра ĕç нормине тултарайман пĕр çухаçă та çук.

Пур уй-хир бригадисем те тĕштырăсемпе курăксен вăрлăхне сеялкăпа çес акасçĕ. Тулă вăрлăхне пĕрчĕлетнĕ удобрени хушса акнă. Вăрлăхсене яровизациленĕ.

Çуракине кĕске срокра тата лайăх пахалăхпа ирттерме уй-хир бригадисене МТС механизаторĕсем пысăк пулăшу параççĕ. Н. Ченакинпа П. Вишнев трактористсем кĕрхи çĕртме тунă участоксем çинче «СТЗ-НАТИ» тракторпа культиваци турĕç, ĕç нормине 120—125 процент тултарса пычĕç. И. Муллинпа В. Никифоров юлташсем «ДТ-54» тракторпа тырă акаççĕ.

Колхоз лашасемпе туллин усă курать. Çураки ĕçĕсене туса пынă вăхăтрах фермăсенчи тислĕке хура çĕртме уйне кăларса купаласа хураççĕ.

Мария Ченакина комсомолка ертсе пыракан пахча çимĕç бригади уя хÿтĕлекен вăрман тăрăхĕсене акаципе тополь çĕнĕрен лартрĕ. Сад пахчи тума 4.350 тĕп хурлăханпа хăмла çырли лартнă. Парниксенче помидорпа купăста калчисем лайăх çитĕнеççĕ.

«Гигант» колхоз çулсеренех ÿсе тĕреклĕнсе пырать. Кăçал колхозниксемпе колхозницăсем хăйсем çине тата пысăкрах обязательство илчĕç. Вĕсем кашни гектартан 16,5 центнер ыраш, 14,4 центнер тулă, 160 центнер çĕрулми, 12,8 центнер пăрçа, 10 центнер вир туса илме пулчĕç. Выльăх-чĕрлĕх йышне тата выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăша нумай ÿстермелле.

Çак ответлă задачăсене чыслăн пурнăçлама агитмассăллă ĕçе вăйлатса пыни питех те кирлĕ. Анчах ку ĕç пирĕн колхозра çителĕклĕ пулса пырать теме çук-ха. Уйрăммăнах вулав çурчĕ (заведующийĕ Н. Дубкова юлташ) хăйĕн ĕçне вăйлă тырпулшăн пыракан кĕрешÿпе çыхăнтарман, паянхи куна çитсе те уй-хирте ĕçлекенсем патне хаçат-журнал илсе тухассине тата докладсемпе калаçусем ирттерессине йĕркелемен. Вулав çурчĕ çураки вăхăтĕнче ĕçлеме ĕç планĕ туман. Бригадăсенчи чылай агитаторсен хаçат çук. Боевой листок тăвата бригадăра анчах кăларнă, ытти бригадăсенче вара кăларман.

«Гигант» колхоз çураки ĕçĕсене ăнăçлă туса пырать. Тата пысăкрах çитĕнÿсем тума та май пур. Çитменлĕхсене халех пĕтермелле, агитмассăллă ĕçе анлăн сарса, колхозниксемпе колхозницăсене çуракине ăнăçлă вĕçлеме мобилизацилемелле, социализмла ăмăртăва конкретлă ертсе пымалла. Çакă вăл колхозри парторганизацин тĕп тивĕçĕ.

**П. КОЛЬЦОВ.**

### Вăрман лартса ÿстереççĕ

ШĂХАСАН. Пĕрлешсе пысăкланнă «За коммунизм» колхоз членĕсем тырпул акса тума юрăхсăр çĕрсем çине вăрман лартса ÿстереççĕ. Халиччĕн вăрман 11 гектар пулнă. Колхозниксем кăçал та йывăçсем нумай лартса хăварчĕç. Çапла вара колхоз çĕрĕ çинчи вăрман 16 гектартан иртет.

Ик-виç çул каялла лартнă йывăçсем чылай çитĕнчĕç. Кунсăр пуçне, уй-хире шăрăхран хÿтĕлемелли вăрман икĕ гектара яхăн лартнă.

Вăрман лартас ĕçре уйрăмах вăтă колхозник Н. Егоровпа И. Никифоров юлташсем пуçарullă ĕçлеççĕ.

**И. ПРОКОПЬЕВ.**

# Тăван çĕршывра

☆

### Карл Маркс çуралнăранпа 135 çул тултарнă ятпа

СССР Наука академийĕн обществăлла наукăсен тĕп библиотекинче Карл Маркс çуралнăранпа 135 çул тултарнă ятпа выставка уçăлнă. Выставкăра В. И. Ленин каланă çак сăмахсене çырса хунă: «Маркс вĕрентĕвĕ пурне те çĕнтерет, мĕншĕн тесен вăл тĕрĕс вĕрентÿ».

Выставкăна тăратнă материалсем пирĕн çĕршывра Карл Маркс произведенийĕсем мĕнле сарăлнине кăтартса параççĕ. 1953 çулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне Маркс произведенийĕсене 58 халăх чĕлхипе 305 хутчен, пурĕ 11 миллион экземпляр ытла пичетлесе кăларнă.

Выставкăра Карл Марксăн хальхи вăхăтра сайра хутра тĕл пулакан кĕнекисем нумай. Вĕсем хушшинче Петербургра 1872 çулта вырăсла малтанхи хут пичетлесе кăларнă «Капитал» ятлă кĕнекен пĕрремĕш томĕ пур.

Революцичченхи çулсенче Карл Марксăн тĕрлĕ произведенийĕсене 150 хута яхăн вырăсла пичетлесе кăларнă пулнă. Çак кĕнекесене те выставкăна тăратнă. Вĕсем пурте Россиăра е ют çĕршывсенче вăрттăн типографисенче пичетленсе тухнă.

Майăн 5-мĕшĕнче Пĕтĕм Союзри политикăлла тата наукăлла пĕлÿсем саракан общество Центральнăй лекторире «Карл Маркс—наукăлла коммунизмăн никĕсне хывнă çын» тема тăрăх лекци ирттернĕ.

(ТАСС).

### МУСКАВ ЯЧĔПЕ ТĂРАКАН КАНАЛ ТĂРĂХ ПУЛАКАН ЭКСКУРСИСЕМ

Мускав ячĕпе тăракан канал çинче çуллахи экскурси сезонĕ пуçланнă. Май уявĕ кунĕсенче экскурсисене 165 пин çын ытла хутшăннă. Мускавпа Молотов хушшинче пассажирски пăрахутсем çÿреме тытăннă. Майăн 6-мĕшĕнче «Клим Ворошилов» пăрахут Мускав—Калинин тата Калинин — Мускав маршрутĕпе малтанхи çула тухса кайнă.

Ситес çывăх кунсенче Мускавпа Мускав тинĕсĕ хушшинче экскурсантсене лартса çÿрекен пăрахутсем çÿреме пуçлаççĕ. (ТАСС).



Мускав. А. А. Жданов ячĕпе тăракан пĕрремĕш образцовăй типографире Мао Цзе-дун произведенийĕсене вырăсла пичетлеççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: упаковщицăсем М. А. Савельева (сулахайри) тата Н. Ф. Воронежцева Мао Цзе-дун произведенийĕсен иккĕмĕш томне вырăнсене ярса пама хатĕрлеççĕ.

А. СТУЖИН фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Мускав хулинчи пичет работникĕсен пухăвĕ

Майăн 5-мĕшĕнче Союзсен Çуртĕн Колоннăллă залĕнче, Пичет кунĕ ячĕпе, Мускав хулинче тухса тăракан хаçатсемпе журнал редакцийĕсенче, издательствăсенче, полиграфи предприятийĕсенче ĕçлекен работниксемпе корреспондентсен активĕн пухăвĕ пулса иртнĕ.

Пухура «Правда» хаçатăн главнăй редакторĕ Д. Т. Шепилов юлташ доклад туса панă.

Докладра совет пичечĕ умне КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсенчен тухса тăракан пысăк задачăсем çинчен каласа панă.

Пуху хыççăн пысăк концерт пулнă.

(ТАСС).

### А. С. Попов ячĕпе тăракан радиозаводра

РИГА, майăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Рига хулинчи А. С. Попов ячĕпе тăракан радиозавод работникĕсем Радио кунне ĕçри çитĕнÿсемпе кĕтсе илнĕ. Завод коллективĕ тăвата уйăхри планран ирттерсе 2.000 ытла радиоприемник туса кăларнă. Пĕр миллион тенке яхăн укçа перекетленĕ.

### Хурăн çырли пиçнĕ

КУРГАН-ТЮБЕ (Таджик ССР-ĕ), майăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Вахш тата Кафирниган айлăмĕнче ăшă çанталăк тăрать. Пахча çимĕçсем хăвăрт çитĕнеççĕ, абрикос, чие çырли пулса çитме пуçланă.

Курган-Тюбе, Кагановичабад, Шаартуз, Кировабад районĕсенчи колхозсем хурăн çырли пухса кĕртме тытăннă.

☆

### Пичет кунĕ ячĕпе

Совет çĕршывĕнчи ĕçсыннисем майăн 5-мĕшĕнче Пичет кунне палăртрĕç. Заводсемпе фабрикăсенче, учрежденисемпе аслă шкулсенче, колхозсенче «Правда» хаçатăн пĕрремĕш номерĕ тухнăранпа 41 çул çитнĕ ятпа калаçусем пулса иртнĕ. Клубсемпе библиотекăсенче выставкăсем уçнă. Выставкăсене тăратнă материалсем Совет çĕршывĕнче тухса тăракан хаçатсем партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисене пропагандăлас, ĕçсыннисене коммунизмла воспитани парас тĕлĕшпе туса ирттерекен пысăк ĕçсем çинчен каласа параççĕ.

Ленинградра пичет работникĕсемпе полиграфи производствинче ĕçлекенсен хулари пухăвĕ пулса иртнĕ. Пухура Пичет кунĕ çинчен КПСС Ленинград обкомĕн секретарĕ Н. Д. Казьмин юлташ доклад туса панă.

Украинăри государство филармонийĕн залне хаçатсемпе журналсен редакцийĕсенче, издательствăсенче, полиграфи предприятийĕсенче ĕçлекен работниксем Киеври корреспондентсен активĕпе пĕрле пуханнă. Пичет кунĕ çинчен «Радянська Украина» хаçатăн ответлă редакторĕ Прикордонный юлташ доклад туса панă.

Пичет работникĕсен активĕн пухăвĕсем çавăн пекех тата Минск, Рига, Таллин, Алма-Ата, Ташкент, Кишинев, Сталинабад, Вильнюс, Уфа, Хусан, Харьков, Горький, Хабаровск хулисенче тата ытти çĕрте те пулса иртнĕ. (ТАСС).

### ПУШКĂРТ РЕСПУБЛИКИНЧИ САНАТОРИСЕМПЕ КАНУ ÇУРЧĔСЕНЧЕ

УФА, майăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Пушкăрт республикинчи санаторисемпе кану çурчĕсем ĕçлеме тытăнчĕç. Вĕсем çуллахи сезона лайăх хатĕрленсе çитнĕ. Аксаков ячĕпе тăракан санаторире сывлăшпа сыватакан уйрăм уçнă. Чехов ячĕпе тăракан санаторире физкультура тутарса сыватмалли кабинет ĕçлеме тытăнать.

Кăçал Пушкăрт республикинчи санаторисемпе кану çурчĕсенче 40 пин çынна яхăн хăйсен сывлăхĕсене тĕреклетет.

ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Парторганизаци ĕçри çирĕп дисциплинăшăн, пысăк тухăçлăхшăн кĕрешет

Пирĕн машина-трактор станцийĕ республикăри çулсерен кайра пыракансен шутĕнче пулнă. Тракторпа тумалли ĕçсен планне тултарса пыман. Сăлтавĕ, механизаторсем хушшинче политикăлла воспитани ĕçне манса хăварнинче тата ĕç дисциплини чăтма çук хавшанинче пулнă. Нумай механизаторсем хăйсене шанса панă [illegible] ĕçе вăхăтра тухман. Дирекципе парторганизаци пĕр-пĕринпе сыхăнса ĕçлемен, çавăнпа хăшпĕр коммунистсем те япăх ĕçлекен çынсен шутĕнче пулнă.

Кăçал парторганизаци ĕçне çĕнĕлле йĕркелерĕ. Массăлла-политикăлла ĕçе пур вăйсемпе те куллен туса пырать. Коммунистсене ответлă участоксене уйăрса лартрăмăр. Хамăр хушăра та, механизаторсем хушшинче те критикăпа самокритикăна анлă сарса пыратпăр.

Уй-хире тухиччен пирĕн коммунистсен пухăвĕ иртрĕ. Унта директорăн, аслă механикăн, хăш-хăш машинистсен ĕçĕсене механикăн отчечĕсене итлерĕмĕр. Пуху ĕçсен çитменлĕхĕсене кăтартса панă, çурхи вăхăтĕнче механизаторсен ĕçне тĕрĕс организацилес, вĕсем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлă сарас, массăлла-политикăлла ĕçе куллен туса пырас ыйтăвĕ тăрăх татăклă решени йышăнчĕ.

Вара механизаторсен пĕрлехи пухăвĕ пулчĕ. Унта кăçалхи ял хуçалăх çулĕнчи задачăсем çинчен директор тунă доклада итлерĕмĕр. Ĕç дисциплинине пăсакансене, нормăна нихçан та тултарман трактористсене хытă критиклерĕç.

Кун хыççăн хăш бригадăра камсем пулассине çинчен сӳтсе яврăмăр. Механизаторсем пухура каланă сăмахсене шута илсе, дисциплинăна пĕрмаях пăсакан, сменăри нормăсене нихçан та тултарман трактористсене кăçал ĕçе ямалла мар тесе татса хăвартăмăр. П. Малакайкин, Г. Прокопьев, А. Ярадаев трактористсене кăçал трактора ĕçлеме ямарăмăр. Иртнĕ çул япăх ĕçленĕ [illegible] бригадир помощникĕсене М. Ефремовпа И. Иванова уйăрттарăмăр. Вĕсене тракторист пулса ĕçлеме ятăмăр.

Партбюро çавнашкалах участокри агрономсен отчечĕсене итлерĕ. А. Алексеева агроном ĕçе çиелтен тума юратнă, колхозсемпе трактор бригадисене сайра çӳтра çеç пулнă. Çавăнпа партбюро членĕсем ăна ĕçрен хăтарма кирли çинчен каларĕç.

Парторганизаци хăйĕн решенийĕсене пурнăçлас тесе бюрон кашни членне уйрăм бригадăсем çумне çирĕплетрĕ.

Пирĕн МТС кăçалхи çуракине, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, йĕркеллĕ тытăннине колхоз председателĕсем хăйсем те курчĕç. Халĕ пирĕн механизаторсем çĕрле-кунне пĕлмесĕр, вăй хурса ĕçлеççĕ. Коммунистка Мария Талащева ертсе пыракан 10-мĕш трактор бригади малта пырать. П. Яхатин, Т. Васаткин, А. Таланцев, П. Белов, В. Белов, Д. Паркин сменăри нормăна 120—125 процент тултараççĕ. Партбюро членĕ С. Стельвашкин ку бригадăра час-часах пулать. Апатланнă вăхăтра А. Можаров учетчик хаçат-журналсем вуласа парать. Икĕ хутчен боевой листок кăларнă.

Çавнашкалах М. Палейкин, К. Самыткин, В. Вашуркин, Ф. Сезайкин коммунистсем ертсе пыракан бригадăсем малта пыраççĕ. П. Яндайкин коммунист ДТ-54 тракторпа сменăра 7 гектар вырăнне 8—9 гектар сухалать. В. Кожевников, А. Вазяков, Е. Михуткина коммунистсем те сменăри нормăна куллен 110—115 процент тултарса пыраççĕ.

Анчах хăшпĕр колхоз председателĕсем трактористсене тухăçлă ĕçлеме кирлĕ условисем туса памаççĕ. «Путь Ленина» колхозра трактористсене 4 кун хушши апат пĕçерсе паман. Сталин ячĕпе тăракан колхозра вĕсене хваттер тупса паман, апат çитермеççĕ. Ку колхозри Хорасьякин, Антиков, Тимешков, Сендряков, Елбашов бригадирсем хире тухса та курмаççĕ, ăçта сухаламаллине те кăтартмаççĕ. Трактористсем тракторсем валли шыв хăйсем ăсса килеççĕ. «Коллективист» колхоз председателĕ С. Наумов та хире пынă вăхăтра тракторсем патне уйăрса панă лашапа ĕçке кайнă. Буденный ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Кононов тракторсен патĕнче плугарьсем пулса ĕçлекен колхозниксене ĕçрен хăваласа янă, краçсын турттарма уйăрнă лашапа урăх ĕçе хушнă. Молотов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Журавлев трактористсене паракан çимĕçсене пасартинчен те пысăкрах хакла сутма хушнă.

Киров ячĕпе тăракан колхоз правленийĕн ларăвĕнче трактор бригадин бригадирĕ А. Ершова унти бригадирсене уя тухса курманшăн критикленĕ. Çавăншăн Ершована хытă хĕсĕрлеме тытăннă.

Ку ĕçсем çинчен районти организацисем пурте пĕлеççĕ, анчах нимĕнле мерăсем те йышăнмаççĕ.

Пирĕн парторганизаци халĕ çуркуннехи уй-хир ĕçĕсене ăнăçлă ирттерме мĕнпур коммунистсемпе механизаторсене мобилизацилет.

С. ИЛЬИН,
Хĕрлĕ Чутайри МТС партбюро секретарĕ.

## „Ялав" журналăн пахалăхĕ пирки

Çак кунсенче Чăваш совет писателĕсен правленийĕн ларăвĕнче «Ялав» журналăн кăçалхи 1, 2 тата 3-мĕш номерĕсенче пичетленнĕ произведенисене сӳтсе явнă. «Ялавăн» çак номерĕсем çинчен Александр Артемьев доклад турĕ. Хăйĕн докладĕнче вăл «Ялав» журналта пичетленнĕ произведенисен пахалăхне, вĕсен çитменлĕхĕсене кăтартса пачĕ.

Журналăн пĕрремĕш номерĕнче оригиналлă произведенисенчен Леонид Агаков çырнă «Солнышкин» калав пысăк вырăн йышăнса тăрать. Калава çăмăл чĕлхепе çырнă. Анчах вăл вырăнĕ-вырăнĕнче фельетон евĕрлĕрех пулса тухнă.

Журналта тата В. Ухлин «Çĕнĕ çул телейĕ» ятлă калавне пичетленĕ. Кукта пĕр шофер-новатор çинчен çырнă. Калавра çитменлĕхсем нумай. Редакцин ку калава лайăхрах редакцилесе тӳрлетмелле пулнă.

С. Михалковăн «Капкăнчăк кун» пьесине вырăсларан яка куçарнă. Апла пулин те çакна палăртас пулать: виçĕ журналăн ку номерне материалсем сахал пулнă пирки кĕртнĕ пулмалла.

Иккĕмĕш номерте Украина писателĕсен Олесь Гончарăн, Юрий Смоличăн калавĕсене куçарса кĕртнĕ. Пĕтĕмпе тăватă калав. Вĕсем пире Украина çыннисен хăшпĕр ĕçĕсемпе паллаштараççĕ.

Çак номертех Г. Лисин сăввисен страницине йĕркелесе кăларнă. Г. Лисин — çамрăк поэт. Унăн юлашки вăхăтра пичетленсе тухнă сăввисем поэт творчестви ӳссе пыни çинчен калаççĕ.

Виççĕмĕш номере И. В. Сталина асăнса кăларнă. Ку номерте Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов траурлă митингра каланă сăмахсем, Чăваш писателĕсемпе поэчĕсем И. В. Сталин çинчен çырнă статьясемпе сăввисем пур. П. Хузангай «Тупа» сăввине çулсуç вилнĕ пирки хурланса çырнă:

Аслă чĕре тапма чарăнчĕ-шим?
Хупăнчĕ-шим çиçĕм пек витĕр куç?
Шухăш вучахĕ чăнах сӳнчĕ-шим?
Çук! Сталин халь те — тĕнчешĕн
сулпуç.

А. Эсхель, И. Пиняев тата ыттисен сăввисене те хумханса вулатăн.

Юлашкинчен докладчик критикăлла статьясем сахал пулнине палăртать, куçарнă материалсен чĕлхи начар та тинĕ пулнине асăрхаттарать.

Прение тухса калаканисем «Ялав» журналти произведенисен çитменлĕхĕсем çинче чарăнса тăчĕç. Писательсен Союзĕн правленийĕ хăйĕн журналне çителĕклĕ пулăшмасть. Паллă писательсем журнала сахал çыраççĕ. Журналта публицистикăлла статьясем çукпа пĕрех. Пирĕн писательсем ун пек статьясене сахал çыраççĕ. Ку вăхăтчен çырнисем те витĕмсĕр статьясем. Малашне çак жанра тимлĕнрех аталантарма тăрăшмалла.

«Ялаври» уйрăм сăвăсенче çитменлĕхсем пур. Г. Лисинăн сăввисенчен пĕринче çапла каланă:

Ăçта хĕн-хур, ăçта асап —
Мир кайăкĕ унта.

Ку йĕркесем тăрăх, хĕн-хур асап пĕтнĕ çĕршывсенче «мир кайăкĕ» çук пек пулса тухать. Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсем тĕнчери мир тĕрекĕ пулса тăраççĕ, вĕсем мир лагерĕн пуçĕнче пыраççĕ.

Редакцин çак йăнăша тӳрлетмелле пулнă.

Писательсен Союзĕн правленийĕ хăйĕн постановленийĕнче «Ялав» журналăн пахалăхне ӳстермелли майсене кăтартса пачĕ.

## Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕнче

Çак кунсенче Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн ларăвĕ пулнă. Ларăва З. А. Андреева юлташ председатель пулса ертсе пынă. Президиум çакăн пек ыйтусем сӳтсе явнă: Чăваш АССР Сутĕç министерствинче заявленисемпе жалобăсене пăхса тухас ĕç мĕнле тăни çинчен, Сĕнтĕрвăрри хула Совечĕн яланхи комиссийĕсен ĕçĕсем çинчен, Улатăр районĕнчи Кире поселок Совечĕн исполкомĕ суйлавçăсен наказĕсене мĕнле пурнăçласа пыни çинчен, 1953 çулхи пĕрремĕш кварталта ĕçсыни депутачĕсен район, хула, ял тата поселок Совечĕсен сессийĕсене мĕнле ирттерни çинчен тата ытти ыйтусем те.

Пĕрремĕш ыйтупа Чăваш АССР Сутĕç министрĕн Токарев юлташăн докладне итлесе, Президиум çакна палăртнă: Сутĕç министерствинче ĕçсыннисен заявленийĕсемпе жалобисене пăхса тухас ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен. Заявлени е жалоба пама пыракансене хăш кун тата хăш сехетре йышăнмалли йĕрке туман. 1952 çулта шкулсен управленийĕ 139 жалоба илнĕ пулсан, вĕсенчен 81 жалобăна çеç регистрациленĕ. Министерствăра ĕçсыннисен çырăвĕсене тĕплĕн пăхса тухмаççĕ. Хуласемпе районсенчи халăха вĕрентес ĕç органĕсене ярса панă заявленисемпе жалобăсене вĕсем вăхăтра тата тĕрĕс пăхса тухнине министерство çителĕксĕр тĕрĕслесе тăрать. Чылай жалобăсене правительство кăтартнă срокра пăхса тухмаççĕ.

Президиум Чăваш АССР Сутĕç министрне А. М. Токарев юлташа ĕçсыннисен заявленийĕсемпе жалобисене шута илес тата пăхса тухас ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме хушнă. Министерствăн аппаратĕнче те, хуласемпе районсенчи халăха вĕрентес ĕç органĕсенче те ĕçсыннисен çырăвĕсене вăхăтра тата тĕрĕс пăхса тухмалла тăвас пулать.

Сĕнтĕрвăрри хула Совечĕн исполком председателĕ П. Ф. Жилочкин юлташ яланхи комиссисен ĕçĕсем çинчен тунă доклада итленĕ хыççăн, Президиум çакна палăртнă: хула Совечĕн яланхи комиссийĕсем вĕсене организациленĕренпе чылай ĕçсем туса ирттернĕ; комиссисен ĕç планĕсем пур. Сывлăха сыхлас ĕç комиссийĕ (председателĕ Н. С. Сергеева юлташ) коммунальнăй хваттерсенчи тасалăха, ачасен иккĕмĕш яслине тĕрĕсленĕ. Комисси хуларан ача садне çуллахи вăхăтра ĕçлеме мĕнле хатĕрленсе çитерни те тĕрĕсленĕ. Тĕрĕслев материалĕсене хула Совечĕн исполкомĕнче сӳтсе явма тăратнă.

Суту-илӳ енĕпе ĕçлекен комисси (председателĕ Ю. А. Разумов юлташ) хулари потребительсен кооперацийĕн ĕçне, магазинсемпе ларексене тĕрĕсленĕ. Тĕрĕслев итогĕсем çинчен хула Совечĕн сессийĕнче содоклад туса панă.

Хула Совечĕн бюджет, благоустройство тата вырăнти промышленность комиссийĕсем совет ĕçне питех те сахал хутшăнаççĕ.

Хула Совечĕн яланхи комиссийĕсем [illegible] массăлла организацисемпе ([illegible] урам тата квартал комитечĕсем, общественнăй инспекторсем, [illegible] тĕллĕшпе ĕçлекен советсем) сыхăнса [illegible]. Хула Совечĕн исполкомĕ вĕсене çав общественнăй организацисемпе сыхăнма пулăшман.

Президиум Сĕнтĕрвăрри хула Совечĕн исполком председательне П. Ф. Жилочкин юлташа яланхи комиссисен ĕçне пур майсемпе те вăйлатса пыма хушнă. Исполкома унăн пайĕсем яланхи комиссисемпе яланах тача çыхăнса ĕçлемелле. Комиссисене исполкомăн ĕç планĕсемпе паллаштармалла, хуçалăхпа культура строительствин планĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе активлă ĕçлеме хутшăнтармалла. Комиссисем исполкома тăратнă сĕнӳсене çийĕнчех пăхса тухмалла. Вĕсен ĕçне промышленноçра малта пыракансене тата специалистсене йышлăн хутшăнтармалла, комиссисем таврашĕнче актив пухмалла.

Улатăр районĕнчи Кире поселок Совечĕн исполкомĕ суйлавçăсен наказĕсемпе сĕнĕвĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе мĕнле ĕçлени çинчен исполком председателĕ В. А. Филиппов юлташ доклад туса панă. Унăн докладĕ тăрăх Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ çакна палăртнă: Кире поселок Совечĕн исполкомĕ наказсемпе сĕнӳсене пухса пĕтĕçтерес ĕçе вăрахă янă; наказсене шута илмен, пĕтĕçтермен, вĕсене пурнăçа кĕртме мĕнле ĕçсем тумаллине палăртман пулнă. Исполком унăн ĕçне тĕрĕсленĕ хыççăн тин наказсемпе сĕнӳсене пĕтĕçтернĕ, çапах та тĕрлĕ организацисемпе предприятисем пурнăçламалли наказсем çинчен вĕсен руководителĕсене вăхăтра пĕлтермен.

Поселок Советне суйлавçăсем благоустройство енĕпе, рабочисен йăла условийĕсене лайăхлатас, культурăлла-массăлла ĕçе вăйлатас, клуб, ача ясли, обществăлла мунча лартас пирки наказсем панă. Анчах çав наказсене пурнăçлас тĕлĕшпе Совет исполкомĕ сахал ĕçлет. Урамсене йывăç тункатисенчен тасатса, кашни кил умĕнче пĕчĕк канав чавтарас, çĕнĕ çăлсем тăвас, çулсене юсас ĕçсене организацилеме тăрăшман. 18-мĕшпе 30-мĕш суйлав округĕсенчи суйлавçăсем шкул ĕçне лайăхлатас, пур ачасем те вĕренӳре ĕлкĕрсе пымалла тăвас, вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсен комитечĕсен ĕçне вăйлатас пирки панă сĕнӳсене пурнăçлас енĕпе нимĕн те туман. Шкул ачисем хушшинче вĕренӳре кая юлса пыракансем халĕ те йышлă-ха.

Суйлавçăсем суту-илӳ ĕçне лайăхлатма хушнă. Анчах суту-илӳ организацийĕсен руководителĕсем суйлавçăсен сĕнĕвне пурнăçлама васкамаççĕ. Хăшпĕр магазинсенче таса мар, куллен кирлĕ хăшпĕр таварсем, ача-пăча тумтирĕсемпе атă-пушмак çук. Суту-илӳ тумалли вăхăтрах магазинсем хупă тăни те пулать.

15-мĕш суйлав округĕнчи суйлавçăсем пушара хирĕç [illegible] ĕçсене [illegible], пушар депонĕнче черетлĕн хурал тăрас ĕçе йĕркелеме, пушара хирĕç кĕрешмелли хатĕрсем туянма, кӳлĕсене, [illegible]сене тасатма, урамсене купаланса выртакан йывăççене урăх çĕре куçарма, кашни кварталта пысăк катка лартса, унта шыв тултарма кирлине палăртнă. Суйлавçăсен çак сĕнĕвĕсенчен пĕрне те пурнăçламан. Ситменне пушар депонĕнче склад тунă.

15-мĕшпе 16-мĕш суйлав округĕсенчи суйлавçăсем вăрманта ĕçлекенсен культурăлла йăла условийĕсене лайăхлатас пирки сĕнӳ панă. Анчах вăрманпромхоз директорĕ Зеленков юлташ çав сĕнĕве пурнăçлама тăрăшмасть. Бараксенче таса мар, стенисене шуратман, кĕпетумтире типĕтме сушилкăсем çук. Вăрманпромхозăн ача ясли çуртĕн çивиттийĕ хавшанă, анчах дирекци çав çурта юсаттармасть.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ Кире поселок Совечĕн исполком председательне В. А. Филиппов юлташа суйлавçăсен наказĕсемпе сĕнĕвĕсене пурнăçлас ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме хушнă. Поселок Совечĕн депутатсемпе суйлавçăсем хушшинчи çыхăнăва çирĕплетмелле, депутатсене, яланхи комиссисене, активистсене суйлавçăсен наказĕсене пурнăçлас ĕçе ытларах хутшăнтармалла. Наказсене пурнăçлас ĕç мĕнле пыни çинчен депутатсем суйлавçăсен пухăвĕсенче отчетсем туса парас ĕçе йĕркелемелле.

Кăçалхи пĕррĕмĕш кварталта район, хула, ял тата поселок Совечĕсем хăйсен сессийĕсене мĕнле ирттерни çинчен сӳтсе явса, Президиум çакна палăртнă: ĕçсыни депутачĕсен район, хула, ял тата поселок Совечĕсем чылайăшĕ сессисене Чăваш АССР Конституцийĕнче кăтартнă срокĕсенче пухса ирттермеççĕ. Республикăра 612 ял Совечĕ пулсан, январь уйăхĕнче 388 ял Совечĕ, февральте—434 ял Совечĕ сессисем ирттернĕ. Элĕк, Красноармейски, Сĕнтĕрвăрри, Советски тата Шăхасан район Совечĕсен исполкомĕсем ял Советсен сессисене пухса ирттерес ĕçе тĕрĕслесе тăмаççĕ. Элĕк районĕнче январьте 17 ял Совечĕ, февральте 13 ял Совечĕ, Советски районĕнче январьте 13 ял Совечĕ, февральте 20 ял Совечĕ сессисем ирттернĕ. Сосновка, Чапаевски тата Кире поселок Совечĕсем виçшер сесси ирттерес вырăнне, пĕрер сесси кăна ирттернĕ.

Президиум райсоветсен исполкомĕсене хула, ял тата поселок Совечĕсем сессисем ирттерессине ертсе пырас ĕçе лайăхлатма, вĕсем хăйсен сессийĕсене Чăваш АССР Конституцийĕнче кăтартнă срокра пухнипе пухманнине контроллесе тăма, сессисене яланах вăхăтра ирттермелле тума хушнă. Советсен сессийĕсене хăçан тата мĕнле ыйтупа пухассине исполкомăн ĕç планĕнче палăртса, çав плана çирĕппĕн пурнăçласа пырас пулать.

## Комсомолецсем съезд решенийĕсене вĕренеççĕ

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе материалĕсене вĕренме «Память Ленина» колхозри комсомол организацийĕ çумĕнче кружок уçнă. Унта 25 комсомолецпа союзра тăман çамрăк вĕренеççĕ. Кружока Е. Иванов коммунист ертсе пырать.

Вĕренекенсем занятисене конспектсем çырса пыраççĕ, калаçусене активлă хутшăнаççĕ. Вĕсем ыйтусем нумай параççĕ. Кружок руководителĕ лайăх ăнлантарса парать. Кашниннех парти съезчĕн материалĕсем пур.

Кружокра халĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе парти съезчĕ панă директивăсене вĕренсе пĕтереççĕ. Кун хыççăн итоглă занятисем пулаççĕ.

И. МИХАЙЛОВ.

Çĕрпӳ районĕ.

## Сесси—район бюджечĕ çинчен

ПĂРАЧКАВ. Нумай пулмасть район Совечĕн сессийĕ пулчĕ. Сесси 1952 çулхи бюджет мĕнле пурнăçланни çинчен отчет итлерĕ тата 1953 çулхи бюджета çирĕплетесси çинчен сӳтсе яврĕ. Ку ыйтупа районти финанс пайĕн заведующийĕ А. Макаренко юлташ доклад туса пачĕ. Ун хыççăн район Совечĕн финанспа бюджет комиссийĕн председателĕ В. Спичков депутат содоклад турĕ.

Иртнĕ çулхи бюджета район тупăшсем енĕпе 90,1 процент, расходсем енĕпе 98,2 процент çеç пурнăçланă. Ялхуçалăхĕпе коммунальнăй хуçалăха аталантарма, сывлăха сыхлас тата çул-йĕрсем тăвас ĕçсем валли укçа-тенкĕ бюджетра палăртнă чухлĕ параймаН. Райсовет исполкомĕ ял Совечĕсен бюджечĕсене пурнăçламалла тăвассишĕн çителĕксĕр тăрăшнă. Районта 25 ял Совечĕ пулсан, вĕсенчен тăваттăшĕ çеç хăйсен бюджечĕсене пур енĕпе те пурнăça кĕртнĕ.

— Район бюджечĕ япăх пурнăçланнăшăн чи малтан финанс работникĕсем айăплă,—терĕ М. Хайлов депутат.—Районти финанс пайĕ, унăн инспекторĕсемпе агенчĕсем пĕтĕм вăя хурса ĕçлемеççĕ, налогсем тӳлеме тивĕçлĕ çынсем хушшинче сахал ĕçлеççĕ.

Заем уполномоченнăйĕсене начар пулăшса пыни, налог тӳлеме тивĕçлĕ çынсем хушшинче государство дисциплинине çирĕплетме мерăсем йышăнманни çинчен М. Бубукин депутат каларĕ.

Кăçал шкул лартма вăхăтра укçа уйăрса паманшăн финанс пайне Л. Андреева юлташ (халăха вĕрентес ĕç пайĕн заведующийĕ) хытă критиклерĕ.

В. ТОНЫШЕВ.

# Вăрманпромхозсенчи парторганизацисен ĕçне—çӳлĕ пусăма

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ вăрман промышленноçĕ халăх хуçалăхĕн ӳссе пыракан ыйтăвĕсенчен юлса пынине пĕтерме хушса хăварчĕ. Съезд кăтартăвĕсене ăнăçлăн пурнăçласси вăрманпромхозсенчи парторганизацисен ĕçне çӳлĕ пусăма хăпартнинчен, партиллĕ-политикăлла ĕçе хуçалăх ĕçĕпе тĕрĕс çыхăнтарса туса пынинчен, самокритикăпа аялтан килекен критикăна анлăн сарнинчен килет.

Юлашки вăхăтра республикăри хăшпĕр вăрманпромхозсенчи парторганизацисем государство планĕсене пурнăçласа пырассишĕн хăйсен ответлăхне ӳстерчĕç, партиллĕ-политикăлла тата партиллĕ-организациллĕ ĕçе вăйлатрĕç. Сăмахран, Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи парторганизаци, парти Уставĕ панă правăпа усă курса, администраци ĕçне тăтăшах тĕрĕслесе тăрать, предприятин экономикипе тимлĕн интересленет, производствăри резервсене тата ĕçри çитменлĕхсене хăюллăн палăртать. Хăшпĕр парторганизацисем хуçалăх руководителĕсен доклачĕсене коммунистсен пĕрлехи пухăвĕсенче тата партбюро ларăвĕсенче сӳтсе явнипе лăпланса лараççĕ. Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи парторганизаци апла тумасть, вăл, хуçалăх руководителĕсен отчечĕсене итлесе сӳтсе явнисĕр пуçне, администрацие предприяти ĕçне лайăхлатма пулăшакан сĕнӳсем тăтăшах парать, партипе хуçалăх активĕн пухăвĕсенче сӳтсе явма конкретлă мероприятисен проектне туса хатĕрлет.

Кăçалхи апрель уйăхĕнче партбюро администраци умне анатри складри çитменлĕхсене пĕтерес, йывăççене сыпăлас ĕçе йĕркелес ыйту лартнă. Касса йăвантарнă йывăççене тăрăшĕсех турттарса кăларма тытăннă хыççăн, складра йывăççене çийĕнчех сыпăлама ăнкарайман. Çавăн пирки йывăç тиенĕ автомашинăсемпе вагонсем апаль нумай тăнă, шоферсемпе нăрахус машинисчĕсем тухăçлă ĕçлеймен. Партбюро сĕннипе дирекци склад ĕçĕнчи çитменлĕхсене тишкерсе тухма инженерсемпе техниксен тата механизаторсен ушкăнне уйăрнă. Тĕрĕсленĕ хыççăн çакă палăрнă: складра механизмсемпе туллин усă курман, йывăççене сыпăлама вырăн çителĕксĕр пулнă. Инженерсемпе техниксем тата механизаторсем паха сĕнӳсем панă. Вĕсен сĕнĕвĕсене канашлура сӳтсе явнă, ун хыççăн çав сĕнӳсене дирекци ырланă. Халĕ анатри склад йĕркеллĕ ĕçлет, автомашинăсемпе вагонсен тухăçлăхĕ ӳснĕ.

Парторганизаци коммунистсен производствăри авангардлă рольне, вĕсен творчествăлла активлăхне ӳстерсе пыма тăрăшать. Коммунистсен пĕрлехи пухăвĕсенче, партбюро ларăвĕсенче коммунистсен отчечĕсене итлени вĕсен ĕçри ответлăхне, дисциплинăна ӳстерет. Партбюро коммунистсем ертсе пыракан цехсемпе бригадăсен ĕçĕпе тимлĕн интересленет, вĕсен паха опытне пĕтĕçтерме, çитменлĕхсене пĕтерме тăрăшать. Коммунист задание пурнăçламасан е производствăри дисциплинăна пăссан партбюро çийĕнчех тивĕçлĕ мерăсем йышăнать. Парторганизаци кашни коммуниста массăсемпе тачă çыхăну тытма, партипе правительство решенийĕсемпе паллаштарма, критикăпа самокритикăна вăйлатса пыма, çитменлĕхсене хирĕç тимлĕн кĕрешме вĕрентет.

Парторганизаци коммунистсене чи кирлĕ те ответлă участоксенче ĕçлеме çирĕплетнĕ. Моторист, крановщик, тракторист тата машинист пулса 22 коммунист, мастер пулса—11 коммунист, цех начальникĕ пулса—10 коммунист, приемщик пулса—10 коммунист ĕçлет. Коммунистсене ĕçе тĕрĕс вырнаçтарса тухнине пула парторганизаци цехсенче, участоксенче ĕçсем мĕнле пулса пынине куллен пĕлсе, тăрать тата çитменлĕхсене пĕтерме çийĕнчех тивĕçлĕ мерăсем йышăнма пултарать.

Парторганизаци çумĕнче агитколлектив пур. 27 агитатор рабочисемпе служащисене тĕнчери лару-тăру, партипе правительство решенийĕсем çинчен куллен ăнлантарса параççĕ, малта пыракансен опычĕпе паллаштараççĕ, тухăçлăрах ĕçлеме хавхалантараççĕ. Парторганизаци çумĕнче çавăн пекех докладчиксен ушкăнĕ пур. Докладчиксем час-часах политика ыйтăвĕсем тăрăх докладсем туса параççĕ. Вăрман участокĕсенче пуринче те хĕрлĕ кĕтессем уçнă. Унта çĕнĕ хаçат-журналсем, радио, шахмат, шашка, домино пур. Хĕрлĕ кĕтессенче калаçусем ирттереççĕ, стена хаçачĕсем кăлараççĕ, художествăлла пултарулăх кружокĕсем ĕçлеççĕ.

Парторганизаци стахановецсен йышне ӳстерме, производство новаторĕсен паха опычĕпе меслетне анлăн сарма тăрăшать. Иртнĕ кĕркунне, парторганизаци пуçарнипе, вăрманпромхозра Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ, паллă тракторист-трелевщик М. Сысуйкин юлташ пулнă. Вăл механизаторсене хăйĕн опычĕпе паллаштарнă, ĕçри çитменлĕхсене палăртнă, уйрăм трактористсемпе ăмăртса ĕçлеме сăмах панă. Парторганизаци юлса пыракансене малта пыракансемпе танлашма пулăшать, çĕнĕ пуçарусене аталантарма тăрăшать. Парторганизаци кадрсене производствăна организацилес ĕçри çитменлĕхсене, хуçасăрлăхпа бюрократизм çирек епле палăрнисене те хирĕç ним килĕшмесĕр кĕрешме воспитани парас, çĕнĕ пуçарусене вăхăтра курма вĕрентес тĕлĕшпе те чылай ĕçсем тăвать.

Партиллĕ-политикăлла тата партиллĕ-организациллĕ ĕçе çӳлĕ пусăма хăпартнине, коллективăн творчествăлла активлăхĕ ӳссе пынине пула вăрманпромхоз 1952 çулхи тата иртнĕ уйăхри производство планне ăнăçлă тултарчĕ. Халĕ вăрманпромхоз коллективĕ çур çулхи плана срокчен тата ирттерсе тултарассишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешет.

Сӳлерех асăннă тĕслĕхсем вăрманпромхозри парторганизаци ĕçĕнче çитменлĕхсем çуккине пĕлтермеççĕ. Парторганизаци хуçасăрлăха, хăшпĕр участоксенче механизмсемпе çителĕксĕр усă курнине хирĕç япăх кĕрешет. Вăрманпромхоз продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли задание пурнăçласа пыраймасть. Çакăнтан парторганизацин тивĕçлĕ вывод тумалла, коллектива перекетлĕхшĕн тимлĕн кĕрешме, хăватлă техникăна татти-сыпписĕр ĕçлеттерме мобилизацилемелле.

Чылай вăрманпромхозсенчи парторганизацисем предприяти юлса пынине пĕтерме татăклă мерăсем йышăнмаççĕ, администраци ĕçне çителĕксĕр тĕрĕслесе тăраççĕ. Парторганизацисем производство экономикипе тата финанс ĕçĕпе тимлĕн интересленмен çĕрте хуçасăрлăх пуç пулса тăрать, уйрăм руководительсем дисциплинăна пăсма тытăнаççĕ, государство интересĕсене хирĕç киревсĕр ĕçсем туни пулать.

Тĕслĕхрен Йĕпреç вăрманпромхозне илер. Унти парторганизаци производство ыйтăвĕсемпе сахал интересленнĕ, администраци ĕçне тĕрĕслесе тăман. Парторганизаци тимсĕр ĕçленине кура вăрманпромхоз директорĕ пулнă Цветков партипе государство дисциплинине сĕмсĕррĕн пăсма, государство пурлăхне салатма, киревсĕр ĕçсем тума тытăннă. Цветков ĕçлеме штатра палăртнинчен ытлашши служащисем илнĕ, финанс дисциплинине пăснă, хăйĕншĕн нумай тăрăшнă, вăрманпромхоз пурлăхĕпе тĕрĕс мар усă курнă. Çапла хăтланса, вăл государствăна сĕршер пин тенкĕ сиен кӳнĕ.

Партбюро секретарĕ, вăлах директорăн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ Румянов юлташ вăрманпромхозри çитменлĕхсем, Цветков иртĕнни çинчен пĕлмен мар, анчах унăн директора критиклеме, ăна йĕркене кĕме хушма хăюллăх çитмен. Коммунистсем тата партире тăман активистсем Цветков иртĕнсе кайни çинчен темиçе хут та асăрхаттарнă пулнă, анчах партбюро çийĕнчех тивĕçлĕ мерăсем йышăнман. Çавăнпа Цветков чылайччен партипе государство дисциплинине пăсса пурăннă, производство планне тултарса пыма тăрăшман. КПСС обкомĕ Цветкова çирĕп ответ тыттарнă.

Хăшпĕр парторганизацисем предприятисен шалти резервĕсене палăртма, çав резервсемпе туллин усă курма тăрăшмаççĕ. «Чăвашвăрман» трестне пăхăнса тăракан вăрманпромхозсем хăватлă техникăпа хĕçпăшалланнă, анчах вĕсем çав техникăна япăх ĕçлеттереççĕ. 1952 çулта вăрманпромхозсенче электропăчкăсемпе 49 процент, электростанцисен хăвачĕпе — 89 процент, КТ-12 тракторсен вăйĕпе — 87 процент, лебедкăсен вăйĕпе—57 процент, автомашинăсен хăвачĕпе—61 процент çеç усă курнă. Чылай механизаторсем ĕç нормине тултараймаççĕ, хăшпĕр çĕрте ĕçе комплекслă механизацилемен. Урăхла каласан, вăрман промышленноçĕн усă курман резервсем çав тери пысăк. Кашни машина, механизм йĕркеллĕ ĕçлесен вăрманпромхозсем çулсерен çĕршер пин кубометр йывăç ытларах хатĕрлеме пултараççĕ.

Уйрăмах Пăрачкаври, Шăмăршăри тата Улатăрти вăрманпромхозсем техникăна япăх ĕçлеттернине палăртас пулать. Производство планне тултарса пыманнипе, механизмсене япăх ĕçлеттернипе, хуçасăрлăха пĕтерме тăрăшманнипе чылай вăрманпромхозсем тулăшлă ĕçлемеççĕ. Юлса пыракан вăрманпромхозсенчи парторганизацисем техникăпа экономика ыйтăвĕсемпе тимлĕн интересленмеççĕ, государство заданийĕсене пурнăçласа пыма тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Коммунистсен пĕрлехи пухăвĕсенче производство ыйтăвĕсене сахал сӳтсе яваççĕ. Парторганизаци секретарĕсем тата директорсен политика енĕпе ĕçлекен заместителĕсем предприяти юлса пынине, техникăна япăх ĕçлеттернине политикăлла хак памаççĕ. Хăшпĕр парторганизаци секретарĕсем хуçалăх руководителĕсен сăмахĕнчен иртеймеççĕ, техникăна лайăх ĕçлеттерме паха майсем çук тесе калайине тăрă шыв çине кăлармаççĕ.

Шалти резервсемпе туллин усă курма, ĕç тухăçлăхне ӳстерсе пыма тăрăшман руководительсене пĕр хĕрхенмесĕр критиклемелле. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртес, механизмсене лайăх ĕçлеттерес, ĕç вăйĕпе тĕрĕс усă курас ĕçе хакламан хуçалăх организацийĕсен практикине сивлерĕ. Съездра Г. М. Маленков юлташ çапла каларĕ: «Хамăрăн пуян техникăпа усă курас ĕçри çитменлĕхсене татăклăн пĕтерсе пымалла, производство процесĕсене комплекслă майпа механизацилес тата автоматизацилес ĕçе çине тăрсах пурнăça кĕртсе пымалла, наукăпа техникăн чи çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсенче те анлăн усă курмалла, ĕçпе производствăна организацилемелли формăсемпе меслетсене пĕрмаях лайăхлатса пымалла, ĕç вăйĕпе усă курассине лайăхлатмалла»,—терĕ.

Съезд кăтартăвĕсенчен тивĕçлĕ вывод туса, вăрманпромхозсенчи парторганизацисен производство культурине хăпартмалла, кадрсен пултарулăхне вăйлатса пымалла, хуçалăх руководителĕсен ответлăхне ӳстермелле.

Нумай вăрманпромхозсенче общежитисенче, столовăйсенче, магазинсенче йĕркелĕх сахал. Ĕç укçи вăхăтра памани те пулкалать. Кадрсен техникăлла пĕлĕвне тата ăсталăхне ӳстерме кирлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Çав çитменлĕхсем кадрсем улшăнса тăрасси патне илсе пыраççĕ. 1952 çулта Йĕпреçри вăрманпромхоз ĕçе 193 çын илнĕ, çав вăхăтрах 206 çын ĕçрен тухнă. Первомайскинчи вăрманпромхоз дирекцийĕ рабочисем валли пурăнмалли çуртсем лартма тăрăшмасть. Пурăнма май çуккипе анатри складра грузчиксем çитмеççĕ, çавăн пирки вагонсем нумай пушă тăраççĕ, штраф тӳлеме тивет. Апла пулин те парторганизаци çав çитменлĕхсене пĕтерме татăклă мерăсем йышăнмасть.

Вăрманпромхозсенчи партипе профсоюз тата хуçалăх руководителĕсен ĕçри çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтермелле. Кăçалхи тăватă уйăх хушшинче чылай вăрманпромхозсем Тăван çĕршыв умĕнче пысăк парăма кĕчĕç, вуншар пин кубометр йывăç парса çитереймерĕç. Çав парăма татасси, çур çулхи плана ăнăçлă тултарасси—вăрманпромхозсен хисеплĕ тивĕçĕ. Çур çулхи плана срокчен тултарассишĕн вăрманпромхозсенче социализмлă ăмăртăва анлăн сарар.

Н. АЛБУТОВ,
КПСС обкомĕн вăрман промышленность пайĕн заведующийĕ.

# Агрозоотехника курсĕсенче вĕренĕве ăнăçлă вĕçлер!

* * *

## Экзаменсене вăхăтра иртерер!

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра ялхуçалăхĕ умĕнче тăракан тĕп задачăна татса парас ĕçре колхозсенче кадрсем вĕрентсе хатĕрлесси пысăк вырăн йышăнать.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕнче тунă отчетлă докладра Г. М. Маленков юлташ çапла кăтартса пачĕ: «Пирĕн малта пыракан колхозсем, МТС-сем, совхозсем нумай, ялхуçалăхĕнче малта пыракан çынсем пиншерĕн шутланаççĕ, вĕсем наука çитĕнĕвĕсемпе творчествăлла усă курса, тырпул тухăçне тата выльăх-чĕрлĕх тухăçне ÿстерес тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿсем тăваççĕ. Анчах малта пыракан опыта пропагандăлас тата ăна колхозсемпе совхозсен производствинче усă курас ĕç çителĕксĕр пырать-ха».

Ялхуçалăх органĕсен тивĕçĕ—наукăпа практика работникĕсен творчествăллă пуçарăвне пур майсемпе те вăйлатса пырасси пулать. Вăйлă тырпул туса илекен тата выльăх-чĕрлĕхрен пысăк тухăç илекен мастерсен речĕсене ÿстермелле.

1950 çулта организациленĕ виçĕ çуллăх агрозоотехника курсĕсем колхозниксен ĕçри квалификацине ÿстерсе пыма лайăх майсем туса пачĕç. Курссен задачи колхозниксене ялхуçалăх наукин çитĕнĕвĕсемпе тата малта пыракан опытпа вăхăтра паллаштарасси, практикăра пурнăçласа пырасси пулать.

Агрозоотехника курсĕсем пысăк усă кÿнине пирĕн республикăри чылай колхозсен практикинчен те аван курма пулать. Вĕренĕве лайăх организациленĕ колхозсенче çĕрĕç культури тата выльăх-чĕрлĕх пăхса усрас ĕçри культура палăрмаллах ÿсрĕ.

Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхозри курсра колхоз председателĕ, вăйлă тырпул мастерĕ, Социализмла Ĕç Геройĕ С. К. Коротков юлташ час-часах лекцисем туса парать. Курсра вĕренекенсем тырпул тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе ырми-канми ĕçлессĕ, чаплă çитĕнÿсем тăвассĕ. Колхоз выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне те ÿстерсех пырать.

Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра агрозоотехника курсĕнче колхоз председателĕ, Социализмла Ĕç Геройĕ В. В. Зайцев юлташ вĕренет. Вăл тулă, ыраш тата ытти тырпулсен тухăçлăхне ÿстерес, общественнăй хуçалăха тĕрекелетес ĕçре пысăк пахалă организатор. Зайцев юлташ хăй вĕренĕ вăхăтрах колхозниксене вĕрентсе пырать, хăйĕн ĕçри опычĕпе паллаштарать.

Первомайски районĕнчи «Комсомолец» колхозри бригадир Н. А. Яковлев юлташ кăçал курсран вĕренсе тухать, пĕрремĕш разрядри мастер ятне илет. Вăл ертсе пыракан бригада 1952 çулта çĕрулмине тăваткал майпа лартса тунă, кашни гектартан 250 центнер çĕрулми пухса кĕртнĕ. Çак колхозри курсрах техникăллă культурăсем туса илес тĕлĕшпе ĕçлекен звеньевой Е. М. Агашев юлташ вĕренет. Унăн звени пĕлтĕр гектартан 8,75 центнер йĕтĕн вăрри, 7,2 центнер йĕтĕн сÿсĕ туса илнĕ.

Агрозоотехника курсĕсенче тăрăшса вĕренекенсен паха енĕ çакă пулать: вĕсем теорилле вĕренĕве практикăпа, колхоз ĕçĕпе тачă çыхăнтарма пĕлессĕ. Вĕсенчен нумайăшĕ наука çитĕнĕвĕсене тата малта пыракан опыта 1953 çулта колхоз уй-хирĕсенче, фермăсенче пурнăçлама плансем туса хатĕрленĕ.

1952—1953 вĕренÿ çулĕнче пирĕн республикăри виçĕ çуллăх агрозоотехника курсĕсенче 20 пин колхозник ытла вĕренет, вĕсенчен 7.000 çын виççĕмĕш çул вĕренет, экзаменсем парса вĕсем пĕрремĕш разрядри мастер ятне илме хатĕрленеççĕ.

Халĕ агрозоотехника курсĕсен ĕçĕнче чи ответлă вăхăт — экзаменсем иртерес вăхăт. Республикăри нумай колхозсенче экзаменсем пулса иртнĕ те ĕнтĕ. Чылай колхозниксем пысăк пĕлÿ илнине кăтартса параççĕ. Сăмахран, Шăмăршă районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри виçĕ çуллăх агрозоотехника курсĕнче экзаменсем иртерме тунă комисси апрелĕн 1-мĕшĕнче зоотехника группинче вĕреннĕ 24 колхозникран экзамен йышăннă. Вĕсенчен саккăрăшĕ «отлично», тăххăрăшĕ «лайăх» паллăсем илнĕ.

Çавăн пекех Шăхасан районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан, Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхозсенчи курссенче вĕреннĕ колхозниксем те лайăх пĕлÿ илнине кăтартса панă.

Халĕ çакăн пек задача тăрать: программа тăрăх вĕренсе пĕтерсе, курссен пур групписенче те экзаменсем иртермелле. Колхозниксен пĕлĕвне тĕплĕн шута илни, çавна май вĕсене ĕçе тĕрĕс вырнаçтарса тухни кирлĕ. Курсра виçĕ çул вĕреннĕ колхозниксемпе колхозницăсем обществăлла хуçалăхăн пĕр-пĕр отраслĕнче ăнăçлă ĕçлеме пултарччăр.

Экзаменсем иртнипех агрозоотехника курсĕсенче вĕренекенсене ĕçлесси пĕтмест-ха. Экзаменсем хыççăн та вĕрентекенсем колхозниксемпе тачă çыхăну тытмалла. Курссене пĕтернисем, [illegible] колхоз планне [illegible] практикăра тĕрĕслеме май парать.

Виçĕ çуллăх курссенче вĕренекенсене курсран вĕренсе тухнă колхозниксене ялхуçалăх органĕсем вĕсен специальноçĕсемпе тăтăшах пулăшу парса тăмалла, агрономсемпе зоотехниксен тырпулпа выльăх-чĕрлĕх йышне унăн тухăçлăхне ÿстерес енĕпе вĕреннĕ колхозниксем çине таянса ĕçлемелле.

Çакна асра тытмалла: ялхуçалăх тĕлĕшпе çĕнĕ пилĕкçуллăхăн задачисене ăнăçлă пурнăçласа кадрсем кирлĕ. Çаванпа та ĕнтĕ ялхуçалăх органĕсен, колхоз руководителĕсемпе колхозсенчи парторганизацисен виçĕ çуллăх агрозоотехника курсĕсенчен колхозниксене вĕрентсе кăларасси çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла.

**Р. ОСАНОВ,**
**Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕн заместителĕ.**

## Çĕнĕ ÿсĕмсемшĕн

Агрозоотехника курсĕсенче экзаменсем иртересси пирĕншĕн те ответлă тапхăр пулса тăрать. Экзаменсем курсантсен пĕлĕвне кăна мар, преподавательсен ĕçне те кăтартса парассĕ.

Эпĕ кăçал Шăхасан районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозри агрокурсра виççĕмĕш çул вĕренекен колхозниксен группине ертсе пытăм. Курсра 23 колхозник вĕренчĕç. Вĕсем пурте занятисене тăтăшах çÿрерĕç, тăрăшса вĕренчĕç.

Уроксене лайăхрах, тĕплĕнрех тата ăнланмаллăрах иртерессишĕн тăрăшрăм. Занятисене малтанах çырса хатĕрленĕ план тăрăх конспект тăрăх иртерсе пытăм.

Урокра кашни темăна тĕплĕн калаттарас тесе плакатсемпе, пособисемпе, экспонатсемпе анлăн усă курма тăрăшрăм. Вĕренекенсене вырăнти условисемпе, малта пыракан опытпа паллаштартăм. Уроксенче вĕрентнине тăтăшах практикăлла занятисенче çирĕплетсе пытăмăр. Практикăлла занятисем колхоз производствинчи агротехникăлла ĕçсене пурнăçланипе çыхăнса пычĕç. Эпир ялхуçалăх культурисене пăхса ÿстерес ĕçе тĕпренех лайăхлатрăмăр. Курсантсем, вĕренÿ ĕçне тимлĕн туса пынипе пĕрлех, колхоз производствинче хастарлă ĕçлесе пычĕç.

Сăмахран, курсра ăнăçлă вĕренсе пыракан И. Исаев бригадир хăй ертсе пыракан бригадăпа иртнĕ çулта кашни гектартан урпа—30-шар центнер, сурхи тулă—25-шер центнер пухса кĕртрĕ.

Программăра пур темăсене те вĕренсе пĕтерсен тата практикăлла занятисем иртерни хыççăн, апрелĕн 15-мĕшĕнче курсантсем экзамен тытрĕç.

Пĕрремĕш разрядри ялхуçалăх мастерĕ ятне илнĕ колхозниксем вăйлă тырпулшăн пыракан кĕрешĕве активлăн хутшăнчĕç. Вĕсен агротехникăлла мероприятисене пурне те лайăх пурнăçласа, тырпул тухăçлăхне ÿстермелли государство планне чыслăн тултармалла.

Лайăх ĕçлĕр, юлташсем! Мастер ятне çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе тÿрре кăларăр!

**Ф. ЖУЙКОВА,**
**агроном.**

## Вĕреннине ĕçре пурнăçлатпăр

Пирĕн колхозра виçĕ çул вĕренмелли агрозоотехника курсĕсем лайăх ĕçлесе пычĕç. Агротехника тата зоотехника групписем иккĕшĕ те кăçал малтанхи хут пĕрремĕш разрядри ялхуçалăх мастерĕсем вĕрентсе кăлараççĕ.

Курсра бригадирсемпе звеньевойсем, ферма заведующийĕсем, выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçри работниксем тата нумай колхозниксем вĕренеççĕ.

Вĕренÿ çулĕ вĕçленсе пырать. Эпĕ вĕренекен агротехника группинче программăра кăтартнă темăсене пурне те вĕренсе пĕтернĕ. Çак кунсенче экзаменсем пулса иртмелле.

Курсра вĕренни пирĕншĕн пурсăмăршăн та усăллă пулчĕ. Ÿсентăрансен пурнăçне тĕпчесе вĕренмесĕр, малта пыракан агротехникăлла меслетсене вĕренсе алла çавăрса илмесĕр хальхи вăхăтра ăнăçлă ĕçлеме çук. Эпĕ ертсе пыракан бригада иртнĕ çулта агротехникăлла мероприятисен пĕтĕм комплексне пурнăçа кĕртрĕ. Çавна пула эпир пысăк тухăçлă тырпул туса илтĕмĕр. Кĕрхи тулă гектартан 23 центнер, çурхи тулă—26,2 центнер, сĕлĕ—27,8 центнер, вир—22,9 центнер, пăрçа—18,1 центнер тухрĕ. Выльăх апачĕ туса илес тĕлĕшпе ĕçлекен бригада (ăна курсра вĕренекен В. Лесникова юлташ ертсе пырать) иртнĕ çулта кашни гектартан 727-шер центнер выльăх кăшманĕ пухса кĕртрĕ.

Партипе правительство пулăшнипе эпир хамăрăн квалификацие ÿстертĕмĕр. Ялхуçалăх мастерĕн ятне илнине эпир тырпул тухăçлăхне малалла хăпартса пынипе, Тăван çĕршывра коммунизм тăвассишĕн пĕтĕм вăй-хăватпа кĕрешнипе тÿрре кăларăпăр.

**А. МИХАЙЛОВСКИЙ,**
**Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз бригадирĕ.**



**Н. Я. ЯКОВЛЕВА,** — Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри доярка. Кăçал кашни ĕнерен 2.000 литр сĕт суса илессишĕн ăмăртса ĕçлет.



**М. А. ТАЙРУКОВА,** — Шăмăршă районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхозри доярка. Кăçал кашни ĕнерен 2.000 литр сĕт суса илессишĕн ăмăртса ĕçлет.

## Пысăк тухăçлă тырпул ÿстерме вĕрентĕмĕр

Колхозра 1950 çулта агротехника курсĕ уçрĕç. Унта вĕренме колхозри пĕтĕм актив кăмăл турĕ. Колхоз председателĕ, бригадирсем, правлени членĕсем, звеньевойсем тата ĕçре малта пыракан колхозниксемпе колхозницăсем тăрăшса вĕренчĕç.

Курса вăрлăх хуçалăхĕн агрономĕ Кириллова юлташ ертсе пычĕ. Вăл занятисене курс программи тăрăх лайăх организацилесе пычĕ. Уроксене пурне те агроплакатсемпе, нагляднăй пособисемпе, гербарисемпе усă курса ăнланмалла иртерчĕ.

Колхоз правленийĕ тата парти организацийĕ агротехника курсĕн ĕçĕпе тăтăшах интересленчĕç. Занятисене иртерме ăшă, çутă пÿлĕм уйăрса панă. Курсра вĕренекенсем валли правлени кĕнекесем, тетрадьсем, пăхса вĕренмелли пособисем илсе пачĕ. Чылай пособисене эпир хамăрах туса хатĕрлерĕмĕр. Ялхуçалăх культурисем, çумкурăкĕсен, сиенлĕ курăксен коллекцийĕсене пухрăмăр. Ялхуçалăх культурисем ÿснине сăнаса вĕренме пулăшакан гербарисем турăмăр, хамăр ÿстерекен культурăсене пухса пытăмăр.

Уроксем эрнере пĕр хут пулса иртрĕç. Вĕреннине кашниех кĕскен çырса пытăмăр. Пирĕн преподаватель Кириллова юлташ, программăри кашни тема тăрăх уроксене тĕплĕн иртернипе пĕрлех, пире çав темăна колхозра практикăлла ĕç тутарса çирĕплетсе пычĕ. Эпир колхозра агротехникăлла ĕçсене вăхăтра тата тĕплĕн пурнăçласа пытăмăр. Пур уйсенче те юр купалантарса тытса хăвартăмăр, вăрлăхсене тĕрлĕрен машинăсемпе тасатрăмăр, тислĕкпе тĕрĕс усă курма вĕрентĕмĕр.

Агротехника курсĕнче вĕренни тухăçлă тырпул туса илес ĕçре пирĕншĕн питĕ усăллă пулчĕ. Халиччен хамăр тунă ĕçсем питĕ çителĕксĕр пулнине халĕ ĕнтĕ эпир ăнлантăмăр. Тырпул тухăçĕ пĕрмаях ÿсse пырасси пирĕнтен хамăртан кăна, эпир çĕрĕçне пĕлсе туса пынинчен кăна килет. Курсра эпир ялхуçалăх наукин çитĕнĕвĕсемпе, малта пыракан колхозниксен опычĕпе тĕплĕн паллашрăмăр. Çав опыта хамăр колхозра сарса пытăмăр.

Иртнĕ çулта пирĕн колхоз кашни гектартан 30-шар центнер ыраш пухса кĕртрĕ. Çакăн пек тухăçлă ыраша эпир çĕрĕçне тĕплĕн туса пынипе, минераллă удобренисемпе тĕрĕс усă курнипе, тăпрана сухаламалли сийне 26 сантиметра çити тарăнлатнипе, ыраша искусственнăй майпа шăркалантарнипе турăмăр.

Колхозри ытти бригадирсем те курсра вĕреннине практикăра, ĕçре çирĕплетсе пычĕç. Ефимов юлташ хăй ертсе пыракан бригадăпа иртнĕ çулта агротехникăлла ĕçсен пĕтĕм комплексне пурнăçларĕ. Тăрăшни, паллах, ахаль пулмарĕ. Кашни гектартан «кугесевский» сортлă урпа 22-шер центнер пухса кĕртрĕ.

Яковлев бригади тунă ĕç иртнĕ çулта питĕ ăнăçлă пулчĕ. Вăл хăй ертсе пыракан бригадăра нумай çул ÿсекен курăксене сеялкăпа ретлĕн акларчĕ. Çулла, клевер чечеке ларнă чухне, унта утарти вĕллесене лартарса, клевер чечекĕсем çинче пыл хурчĕсем вĕçтерчĕ. Бригада, хĕрлĕ клевер вăррине кашни гектар çинчен 2,1 центнер пухса кĕртсе, колхоза пысăк тупăш илме пулăшрĕ.

Иртнĕ ялхуçалăх çулĕн итогĕсем тăрăх пирĕн колхоз районти куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялава илме тивĕçлĕ пулчĕ.

Кăçалхи ĕçсем тăрăх пире пĕрремĕш разрядри ялхуçалăх мастерĕн ятне параççĕ. Курсра экзаменсем пуçланмалла. Уй-хирте хĕрÿ ĕçсем пыраççĕ. Партипе правительство хушнине эпир вĕренÿре те, ĕçре те чыслăн пурнăçласа пыратпăр.

**И. КИРИЛЛОВ,**
**Шупашкар районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз бригадирĕ.**

## Мастер ятне илме тивĕçлĕ пулатăп

Зоотехника группинче эпĕ 1950 çултанпа вĕрентĕм. Курсра вĕренсе илнĕ пĕлÿсемпе хамăн ĕçре кулленех усă курса пытăм. Курсра эпир Тăван çĕршыври малта пыракан дояркăсен паха опычĕпе паллашрăмăр, зоотехника наукин хушнă пек ĕçлеме вĕрентĕмĕр.

Пирĕн группăпа Пăрачкав районĕнчи ялхуçалăх пайĕн главнăй зоотехникĕ В. Чекалкина юлташ ертсе пычĕ. Вăл уроксене интереслĕ иртерет. Программăри кашни тема тăрăх уроксем итленĕ хыççăн, фермăра практикăлла занятисем пулса пычĕç. Преподаватель панă заданисене яланах пурнăçласа пынă. Пирĕн ĕçе колхозри зоотехникпа ферма заведующийĕ контроллесе тăраççĕ. Вĕсем ертсе пынипе фермăри пур ĕçсене те çирĕп йĕрке тăрăх туса пыратпăр.

Хальхи вăхăтра ĕнесене талăкра тăвата хут апат паратпăр. Эпĕ пăхакан ĕнесем валли çирĕплетсе панă рацион тăрăх, кашни ĕне талăкра 4 килограмм утă, 8 килограмм улăм, 8 килограмм кăшман, 10 килограмм силос тата 2 килограмм çăнăх çиет. Улăма тураса, вĕри шывпа е пăспа çемçетсе тата посыпка сапса паратăп. Çавăн пек апата ĕнесем питĕ юратаççĕ, йăлтах çисе яраççĕ.

Ĕнесене эпĕ талăкра тăвата хут сăвататăп. Нумай сĕтлĕ ĕнесене талăкра 5—6 хут та сума тивет. Сăвасса пурнисемпе мар, яланах чĕчĕне пĕтĕм ывăç тупанĕпе çавăрса тытса сăвататăп. Çавăн пек суни ĕнешĕн канлĕрех, сĕлĕ лăканмасть, сĕт юххи йĕркеллĕрех пулать.

Курсра вĕренме тытăннăранпа эпир фермăри ĕçе лайăхлатрăмăр. Ĕнесем хĕсĕр юласси чакрĕ. Çак иртнĕ 4 çул хушшинче эпĕ хама çирĕплетсе панă 10 ĕнерен 40 пăру илсе, кашниех 20 талăк хушши сывă пăхса панă. Ĕнесем хĕсĕр юлни пĕрре те пулмарĕ.

Малта пыракан опыта вĕренни тата унпа усă курни ĕç тухăçлăхне ÿстерчĕ. Иртнĕ çулта вăтам шутпа кашни ĕнерен 2.038 литр сĕт суса илнĕ. Хăшпĕр ĕнесем çулталăк хушшинче 2.500—3.000-шер литр сĕт пачĕç.

Кăçал эпир зоотехника курсĕнчен вĕренсе тухатпăр. Программăри пур темăсене те вĕреннĕ. Çак кунсенче экзамен тытмалла.

Куллен тăрăшса вĕреннĕ хыççăн, экзаменсене те чиперех тытăпăр, çуллахи вăхăтра производство заданийĕсене те чыслăн пурнăçлăпăр, тесе шантарса калас̆шăн эпĕ. Кун хыççăн пире выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçĕн пĕрремĕш разрядри мастер ятне параççĕ. Çав хисеплĕ ята эпир малашнехи ĕçре те çÿлте тытса пырăпăр.

**А. КАУЛИНА,**
**Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхозра ĕне пăхакан колхозница.**

## Лайăх вĕренсе тухрĕç

Шăмăршă районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозра виçĕ çул вĕренмелли агрозоотехника курсĕн зоотехника группинче 24 колхозник виçĕ çул хушши вĕренчĕç. Кăçал курс малтанхи хут ялхуçалăхĕн пĕрремĕш разрядри мастерĕсене вĕрентсе кăларчĕ.

Курсран колхоз председателĕ Л. Корчагин, конюхсем—П. Воронцов, В. Драбо, В. Казаков, П. А. Воронцов, ветеринари санитарĕсем В. Ивановпа Н. Ежев, колхоз счетоводĕ Н. Кояшов, сурăх фермин заведующийĕ С. Андреев юлташсем «отлично» паллăсем илсе вĕренсе тухрĕç.

# Обязательствăна чыслăн пурнăçлатпăр

### Çĕмĕрле районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри ферма заведующийĕ Л. В. Чернилов юлташ каласа пани

1952 çул пуçламăшĕнче колхоз правленийĕ пире, фермăра ĕçлекенсене, çулталăкра 50 сысна аминчен 700 çура илсе çитĕнтерме, сыснасем самăртма, фермăран илекен тупăша 56 пин тенке çити ÿстерме задани пачĕ. Çак задание эпир ытлашшипех пурнăçларăмăр. Кашни сысна аминчен вăтам шутпа 20-шер çура, пурĕ 1.026 çура илсе ÿстертĕмĕр. Çавна май сысна ĕрчетмелли плана иртерсе тултартăмăр.

Государство умĕнче пирĕн пĕр парăм та çук. Иртнĕ çул 102 сысна самăртса панă, вĕсен чĕрĕ виçи кашниннех 90—100 килограмм пулчă. Государствăна сысна ăшĕ памалли кăçалхи плана та пĕтĕмпех тултарнă.

Çак çитĕнÿсене эпир мĕнле майпа тума пултартăмăр? Тÿрех калатăп, пирĕн колхозра обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатассишĕн кашни колхозник тăрăшать.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри çитĕнÿ кадрсенчен нумай килет. Пирĕн фермăра 8 колхозница ĕçлет. Вĕсем сыснасене пăхса усрас ĕçре зоотехникăна ветеринари правилисене çирĕп пурнăçласа пыраççĕ.

Мария Кудрова юлташ фермăра саккăрмĕш çул ĕçлет. 1952 çулта вăл хăйне çирĕплетсе панă 10 сысна аминчен 222 çура илчĕ, вĕсене сывă пăхса çитĕнтерчĕ. Евдокия Микушова тата Галина Корнилова юлташсем те лайăх тĕслĕх кăтартаççĕ.

Сысна фермисенче ĕçе вăхăтра туса пырас, сыснасене лайăх пăхас тесен, ĕçе тĕрĕс организацилени кирлĕ. Эпир çакна яланах асра тытатпăр. Фермăри сыснасене пăхма уйрăм çынсем çумне çирĕплетнĕ. Ку вăл свинаркăсен ответлăхне ÿстерет. Фермăри ĕçсене тумалли кун йĕркине эпир пĕр пăсмасăр пурнăça кĕртсе пыратпăр. Сыснасем те çав йĕркене хăнăхса çитнĕ: лăпкăрах тăраççĕ, апата лайăх çиеççĕ, вăхăтра канаççĕ.

Свинаркăсене эпир вĕсен ĕç результатне кура ĕçкунĕсем шутласа паратпăр: амăшĕнчен уйăриччен сывă пăхса ÿстернĕ, 12 килограмм ытларах туртакан кашни çурăшăн—4 ĕçкунĕ, 12 килограмран сахалтарах туртакан кашни çурашăн—3 ĕçкунĕ; самăртма хупнă сыснасен тата амăшĕнчен уйăрнă сысна çурисен чĕрĕ виçи ÿснĕшĕн кашни 10 килограмм пуçне пĕр ĕçкунĕ паратпăр.

Иртнĕ çулта Мария Кудрова юлташ 811 ĕçкунĕ турĕ, çавăншăн вăл 101 пăт тырă тата 400 тенкĕ укçа илчĕ. Лайăх ĕçленĕшĕн колхоз правленийĕ ăна 10 сысна çури пачĕ. Иртнĕ çулта пирĕн 5 свинарка, ĕçшĕн хушса тÿлемелли йĕрке тăрăх, 40 сысна çури илчĕç.

Республикăри выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен работниксем хушшинче пыракан социализмла ăмăртăва хутшăнса, эпир кăçал кашни сысна аминчен 22 çураран кая мар илсе ÿстерме тата акмалли çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне сысна ашĕ пин килограмм туса илме сăмах патăмăр. Кÿршĕри «Комбинат» колхозри сысна фермине ĕçлекенсемпе социализмла ăмăртăва тухрăмăр.

Эпир хамăрăн обязательствăсене пурнăçлассишĕн ырми-канми тăрăшатпăр. Халĕ пирĕн ĕçре чи ответлă тапхăр: сысна амисем нумайăшĕ çурларĕç, çурасене çитех те тăрăшса пăхма тивет. Е. Микушова юлташ хăйне çирĕплетсе панă кашни амаран 11 çура, М. Кудрова юлташ—10 çура илчĕ. Çурасем пурте сывă та тĕреклĕ ÿсеççĕ.

Сыснасене хĕллехи вăхăтра ăшă та типĕ, стандартлă витесенче усранă. Кашни сысна уйрăм станокра тăрать. Эпир тасалăхшăн кĕрешетпĕр. Свинаркăсем витери тислĕке кунне виçĕ хут тасатаççĕ, сыснасем айне таса та типĕ улăм сараççĕ. Çаванпа та витере нÿрĕ пулмасть. Кунсăр пуçне çулталăкра иккĕрен кая мар витесене известь е креолин ирĕлчĕкĕпе дезинфекци тăватпăр. Сысна витине кĕнĕ çĕрте, ата-пушмака дезинфекцилеме, креолин шĕвекĕпе йĕпетнĕ пăчкă кĕрпи тултарнă ещĕк ларать.

Свинаркăсем лайăх çанталăкра сыснасене картишне кăларса куллен 3—4 сехет хушши уçăлтарса çÿретеççĕ. Кашни кун щеткăпа тасатаççĕ, çуллахи вăхăтра шыва кĕртсе çăваççĕ.

Пирĕн опыт çакна кăтартса парать: сыснасене тĕрĕс тăрантармалла, унсăрăн вĕсенчен пысăк тупăш илме хĕн. Çаванпа та эпир сыснасене зоотехника вĕрентнĕ пек, рацион тăрăх тăрантарса усратпăр. Рационсене зооветучасткри зоотехникпа пĕрле тăватпăр, рацион тунă чухне апатра организма кирлĕ белоклă, минераллă япаласем тата витаминсем мĕн чухлĕ пулмаллине шута илетпĕр.

Çуллахи вăхăтра сыснасем пуринчен ытларах кĕтÿре, люцерна акнă вырăнта, çÿреççĕ. Кунсăр пуçне вĕсене анчах çулса пăрахнă пăрçа йышши курăксем тата вĕлтĕрен тураса çитеретпĕр. Тĕрĕс пăхса усранипе пирĕн сыснасем хĕлле те, çулла та лайăх ÿтлĕ.

Ама сыснасенчен çурасем ытларах илессишĕн тăрăшса, вĕсене тулли ÿтлĕ чухне чуптарса хăваратпăр. Чуптарас умĕн сысна амисене уйрăмах лайăх тăрантаратпăр, концентратлă тата минераллă апатсем нумайрах пама тытăнатпăр. Чуптарнă чухне икĕ сысна ăçипе чуптаратпăр. Сысна ăçисене—производительсене те лайăх пăхатпăр. Вĕсем пирĕн шурă та шултра ăратлисем. Çапла ĕçленипе эпир сысна амисем хĕсĕр юлассине пĕтернĕ. Кашни сысна ами çулталăкра иккешер хут çурлать, пысăк та çирĕп çурасем туса парать. Çуралнă чухне чылай çурасен чĕрĕ виçи 1.000—1.100 грамм пулать.

Пирĕн свинаркăсем пĕтĕ амасене тăрантарас ĕçе тĕплĕн тăваççĕ. Тĕрĕс тăрантарса пăхса усрани хырăмри çурасене лайăх аталанма май панине вĕсем лайăх пĕлеççĕ. Сысна амисене тĕрлĕрен апатпа тăрантараççĕ. Çав апатсенче белоксем, минераллă япаласем тата витаминсем çителĕклĕ. Сăмахран, пăрçа йышши культурăсен (клевер, люцерна) утине е курăкне илер. Ку сыснасемшĕн питĕ паха апат пулса тăрать. Унта белок, çавăн пекех хырăмри çурасене аталанма питех те кирлĕ япаласем—кальци тата каротин (провитамин А) нумай. Тымарçимĕçсем, силос тата пахча çимĕçсем лайăх апат шутланаççĕ.

Сысна амине çурлама хатĕрленĕ чухне тĕрĕс тăрантарни кăна çителĕксĕр. Вĕсене кашни кун кăларса уçăлтарса çÿретес пулать. Çулла, сыснасем пурте кĕтÿре чухне, вĕсене уçăлтарас шухăш çук, анчах пĕтĕ сыснасене, уйрăмах çурлас умĕн, инçете илсе çÿретсе ывăнтармалла мар. Вĕсене уйрăм ушкăна уйăрса, сысна вити çывăхĕнче çÿретмелле. Эпир çапла тăватпăр та ĕнтĕ.

Çамрăк çурасене йышăнса илме лайăх хатĕрленетпĕр. Пĕтĕ амасене, çурлас умĕн, дезинфекци тунă станока куçаратпăр. Унта яланах сысна айне сарма таса улăм пур. Çурлама вăхăт çитнĕ сыснасене талăкĕпех асăрхаса тăратпăр.

Пирĕн свинаркăсем сысна çурисене пурне те упраса хăварма тăрăшаççĕ. Вĕсем çапла тăваççĕ: çура çуралсанах унăн сăмсине, çăварне тата хăлхисене лăймакаран шăлса тасатаççĕ; хырăмĕнчен 4—5 сантиметр хăварса кăвапа тымарне йод шĕвекĕпе йĕпетнĕ çиппе çыхаççĕ, çыхнă тĕлтен 1—1,5 сантиметр хăварса кăвапине хачăпа касса е туртса татаççĕ, каснă вырăна йод сĕреççĕ.

Çурласа пĕтернĕ хыççăн станока тата сысна амине тасатса йĕркелеççĕ те çурисене амăшĕ патне яраççĕ. Ку питĕ ответлă вăхăт. Свинаркăсем сысна çурисене амăшĕ патне ĕмĕртме янă чухне çапла тăваççĕ: пĕчĕкрех çурасене малти, сĕтлĕрех чĕчĕсем патне, вăйлă, шултра çурасене—кайри чĕчĕсем патне яраççĕ. Малашне çурасене кашни сехет иртмессерен амăшĕ патне ярса ĕмĕртеççĕ. Икĕ-виçĕ кунтан сысна çурисем хăйсен вырăнне хăнăхса çитеççĕ те кашни хăй чĕччине ĕмеççĕ.

Эпир çурасене çуралнă хыççăнах туртса пăхатпăр, çуралнине çинчен акт çыратпăр, ăна çав кунах колхоз правленине тăрататпăр.

Малтанхи икĕ уйăх хушши çурасем амăш сĕчĕпе тăранса пурăнаççĕ. Çаванпа та, ĕмекен çурасене сывă та хăвăрт ÿстерме тăрăшнă хушăрах, сысна амине те эпир лайăх пăхма тăрăшатпăр.

Çурасене малтанхи хут ĕмĕртнĕ хыççăн, сысна амине таса та ăшă шывпа шăваратпăр, 5—6 сехет иртсен сăсăлпа е сĕлĕ çăнăхĕпе пăтратнă шĕвек паратпăр. Иккĕмĕш кунтан пуçласа апат нормине майĕпе ÿстерсе пырса, концентратсемпе пĕрле çуса тасатнă кăшман, клевер е люцерна ути, çулла—ешĕл курăк хушса паратпăр. Пиллĕкмĕш кунне сысна амине тулли нормăпа тăрантарма пуçлатпăр. Çуралнă хыççăн вунă кун иртмесĕр рациона силос кĕртместпĕр.

Сысна амин сĕт çителĕклĕ пулсан та, чĕчĕ ĕмекен çурасене çамрăклах тĕрлĕ апат çитерме вĕрентни пысăк вырăн йышăнать. Пирĕн свинаркăсем ултă кунхи çурасене вĕретнĕ шыв, пурă, йывăç кăмрăкĕ, хĕрлĕ тăм параççĕ. Кăмрăк хырăмлăхпа пырşăсенчи ытлашши газсемпе шĕвексене сăхса илсе, апата лайăхрах ирĕлтерме пулăшать. Хĕрлĕ тăм организма тимĕр парать тата анеми чирĕпе чирлесрен сыхлать.

7—8 кунхи çурасене тулă, пăрçа, сĕлĕ ăшаласа пани усăллă. Ăшаланă тырă апат ирĕлтерекен аппарата вăйлăрах ĕçлеме, чăмлакан мускулсене вăйлатма, шăлсене çирĕплетме пулăшать, сысна çурине варвиттирен сыхлать.

Пирĕн свинаркăсем виçĕ эрнери çурасене аланă сĕлĕ çăнăхĕнчен кĕсел те пĕçерсе параççĕ. Сĕлĕ çăнăхне малтан ислентереççĕ, 40 градуса яхăн ăшă шыва ярса лăкаççĕ. Пĕр килограмм сĕлĕ çăнăхĕ çине 8—10 литр шыв яраççĕ. Кĕсел хуранта сехете яхăн вĕрет. Çавăн пек кĕселе кунне виçшер хут хăймине уйăрнă сĕтпе хутăш çитереççĕ.

Çав вăхăтран пуçласах çурасене çитерекен апат çине клевер ути çулçисем (ванчăкĕсем) хушса параççĕ, уйăх çитсен витаминлă симĕс клевер утин шывне ĕçтереççĕ. Ку вăл çурасемшĕн питĕ усăллă.

Сысна çурисене кашни кунах, çанталăк лайăх тăнă чухне уçăлма кăларатпăр. Малтан вĕсене витерен ещĕкпе илсе тухатпăр, каярахпа амăшĕпе пĕрле тулта çÿрететпĕр.

Лайăх тăрантарса пăхса ÿстернĕ икĕ уйăхри çурасен чĕрĕ виçи пĕлтĕр вăтам шутпа 12 килограмм пулнă, хăшпĕр çурасем—13—15 килограмм таран тайнă.

Икĕ уйăха çитнĕ çурасене 4—5 кун хушшинче амăшĕсенчен уйăратпăр. Ăратлăх валли чи лайăх амасенчен пулнă çурасене кăна, пуринчен ытла çуркунне çуралнисене хăваратпăр. Ăратлăх хăварма юрăхсăр аçасене, 6—7 эрне çитсен, кастаратпăр.

Çапла ĕçлетпĕр эпир. Малашне татах та лайăхрах ĕçлес килет. Пирĕн ĕмĕт—Вологда облаçĕнчи «Буденновец» колхозри Социализмла Ĕç Геройĕ, Сталинла преми лауреачĕ А. Е. Люскова тата ытти свиноводсем пек ĕçлесси, пысăк çитĕнÿсем тăвасси.

Кăçал эпир курсран вĕренсе тухатпăр. Экзаменсем тытнă хыççăн, эпир хамăрăн производствăлла заданисене чыслăн пурнăçлăпăр, вĕренÿре илнĕ пĕлĕве ĕçре çирĕплетсе парăпăр. Вĕренсе тухсан пире пĕрремĕш разрядри ялхуçалăх мастерĕн аттестатне параççĕ.



Венгри Халăх Республикинчи ĕçсыннисем, пилĕк çуллăх плана пурнăçласа, пысăк электростанцисем туса лартаççĕ.

Иностара ноябрĕн 7-мĕшĕ ячĕпе тăракан электростанци туса пĕтереççĕ. Вăл топливăпа ĕçлет. Станцин малтан туса пĕтернĕ агрегачĕсем Венгрири промышленноçлă районсене ток пама пуçланă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: çĕнĕ электростанци.

# Венгрири Государство пухăвĕн суйлавĕ умĕн

## Депутата суйлама çĕршыври чи лайăх çынсене кандидата тăратнă

БУДАПЕШТ, майăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Паян хаçатсенче Тĕп суйлав комиссийĕ Венгри Халăх Республикинчи Государство пухăвне депутата суйлама тăратнă кандидатсен списокне пичетлесе кăларнă. Списока пĕтĕмпе 298 кандидат кĕртнĕ. Кунсăр пуçне тата депутатсен кандидачĕсем пулма 155 çын суйламалла.

Венгри халăхĕ Государство пухăвне депутата суйлама чи малтан Венгри Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн председательне тата Венгрири Ĕçсыннисен партийĕн генеральнăй секретарьне Матиас Ракоши юлташа кандидата тăратнă. Матиас Ракошие депутата суйлама Будапешт хулинчи тата ытти чылай суйлав округĕсенчи ĕçсыннисем кандидата тăратнă.

Депутата суйлама кандидата тăратнă çынсем хушшинче государствăпа партин паллă деятелĕсем, çĕршыври чаплă çынсем—наукăпа культура деятелĕсем, промышленноçпа ялхуçалăхĕнче малта пыраканскем, миршĕн активлă кĕрешекенсем нумай.

БУДАПЕШТ, майăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Венгрири ĕçсыннисем Венгри Халăх Республикинчи Государство пухăвĕн суйлавне пысăк хастарлăхпа хатĕрленеççĕ. Предприятисенче суйлав ячĕпе социализмла ăмăрту вăйланса пырать.

Апрель уйăхĕнче сăрт-ту промышленноçĕн предприятийĕсем мĕнле ĕçленине пăхса тухнă. Боршод çĕр кăмрăк тресчĕн Ормошпустай предприятийĕ апрель уйăхĕнчи плана 114,9 процент тултарнă. Оздпа Ноградри çĕр кăмрăкĕ кăларакан трестсем уйăхри плана иртерсе тултарнă.

## Карл Маркс çуралнăранпа 135 çул тултарнă ятпа Берлинра пулнă митинг

БЕРЛИН, майăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Берлинра Карл Маркс çуралнăранпа 135 çул тултарнă ятпа савăнăçлă митинг пулса иртнĕ.

Митинг президиумĕнче Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ Отто Гротеволь тата правительство членĕсем, çавăн пекех Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн политбюро членĕсем пулнă.

Митингра Совет Союзĕн дипломатилле миссийĕн пуçлăхĕ чрезвычайнăй тата полномочнăй посол И. И. Ильичев, Совет Союзĕн Германири Контроль Комиссийĕн председателĕ çумĕнчи политикăлла советник П. Ф. Юдин, халăх демократи çĕршывĕсен Демократиллĕ Германи Республикин правительстви çумĕнчи дипломатилле миссийĕсен представителĕсем пулнă.

Карл Маркс пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен митингра Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн генеральнăй секретарĕ Вальтер Ульбрихт доклад туса панă.

### НАУКĂЛЛА КОММУНИЗМĂН НИКĔСНЕ ХЫВНĂ МАРКС—ЭНГЕЛЬС—ЛЕНИН—СТАЛИН ЯЧĔПЕ ВАРШАВĂРА ВЫСТАВКА УÇНĂ

ВАРШАВА, майăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Карл Маркс çуралнăранпа 135 çул тултарнă май Варшавăра Наци музейĕн залĕсенче, наукăлла коммунизмăн никĕсне хывнă Маркс—Энгельс—Ленин—Сталин ячĕпе пысăк выставка уçăлнă.

## Китай общественноçĕ Пичет кунне палăртни

ПЕКИН, майăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Пичет кунне палăртса, «Гуанминжибао» хаçат «Правда» хаçат 41 çул тухать» ятлă статьяра çапла çырать: тĕнчери пичет историйĕнче большевикла «Правда» хаçатăн пĕрремĕш номерĕ тухнă кун—1912 çулхи майăн 5-мĕшĕ пек чаплă кун урăх çук.

Китайри журналистсем, тет юлашкинчен хаçат, идейăллă тата принциплă пулма «Правда» хаçатран ывăнма пĕлмесĕр вĕренеç.

## Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайра халăх хуçалăхĕн 1952 çулхи планне тултарни

ПЕКИН, майăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). «Женьминьжибао» хаçат паян Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайра халăх хуçалăхĕн 1952 çулхи планне тултарни çинчен калакан итогсене пичетлесе кăларнă. Промышленность производстви планне 110 процент тултарнă.

Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайри ĕçсыннисем хăйсен тăван çĕршывне планран иртерсе 8 миллион тонна тĕштырă хакĕ чухлĕ накоплени туса пама обязательство йышăннă. Государство промышленность предприятийĕсенче ĕçлекен рабочисем патриотла ăмăртса ĕçленипе çĕршыв валли 11.310.000 тонна тĕштырă хакĕ чухлĕ планран иртерсе накоплени тунă.

Производство хатĕрĕсем туса кăларассин, 1951 çулхипе танлаштарсан, 54 процент, куллен кирлĕ япаласем туса кăларасси 49 процент ÿснĕ.

1952 çулта Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайра пĕтĕмпе 21 миллион тонна тĕштырă, урăхла каласан, 1951 çулхинчен 4 миллион тонна ытларах тĕштырă туса илнĕ. Çĕр мамăкĕ 94.000 тонна пухса кĕртнĕ.

Ялхуçалăхĕнче пĕр-пĕрне ĕçре пулăшакан ушкăнсем тата кооперативсем тăвасси малалла аталанса пынă.

1952 çулта капитальнăй ĕçсен планне, 1951 çулхипе танлаштарсан, 72 процент чухлĕ иртерсе тултарнă.

Халăха вĕрентес ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тунă. Шкулсенче пурĕ 6.780.000 çын, урăхла каласан, 1951 çулхинчен 23 процент ытларах вĕренет.

Промышленноçпа ялхуçалăх производстви ÿснĕ май ĕçсыннисен пурнăç условийĕ лайăхланнă. 1952 çулта рабочисемпе служащисен йышĕ 350.000 çын таран хутшăннă. Рабочисем валли 1.690.000 тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем тунă. Ку вăл—1951 çулта туничен 82 процент ытларах. Хресченсен пурнăçĕ те нумай лайăхланнă.

### ДЕМОКРАТИЛЛĔ КОРЕЯ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИНЧИ УЙ-ХИР ĔÇĔСЕМ

ПХЕНЬЯН, майăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи нумай районсенче те çурхи уй-хир ĕçĕсем ăнăçлă пыраççĕ. Корейăри тĕп телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Канвон провинцийĕнчи хресченсем çураки ĕçĕсене апрелĕн 30-мĕшĕ тĕлне, республикăра пуринчен малтан вĕçленĕ. Вĕсем çуракине иртнĕ çулхинчен 10 кун маларах туса пĕтернĕ.

Кăнтăр Пхенан провинцийĕнчи Тэдон, Онччонь, Сукчхонь, Ольчжу тата Мундок уезчĕсенчи хресченсем апрелĕн 25-мĕшĕччен чумиза акса пĕтернĕ.

Çураки ĕçĕсем Çурçĕр Хамгенпа Кăнтăр Хамген провинцийĕсенче те, ытти уездсенче районсенче те ăнăçлă пыраççĕ.

## Японири чугунçул работникĕсен забастовки

ШАНХАЙ, майăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Токиори радио пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Японири Хĕвелтухăçĕнчи чугун çул çинче ĕçлекен рабочисен профсоюзĕ, ĕç укçи ÿстерме ыйтса, 24 сехетлĕх забастовка пуçласа янă.

Рабочисен ĕç укçине ÿстерме килĕшмесен, Хĕвелтухăçĕнчи чугун çул çинче ĕçлекен рабочисен профсоюзĕ майăн 10-мĕшĕнче каллех 24 сехетлĕхе забастовка иртерме шутлать.

## Голландире çапăçса вилнĕ совет воинĕсене асăнса

ГААГА, майăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Амерсфоорт хулипе унăн сывăхĕнчи ялсенчи çынсем нимĕç захватчикĕсене хирĕç кĕрешсе хăйсен пурнăçĕсене панă Совет Союзĕн чаплă воинĕсен ятне чĕрере тытса пурăнаççĕ. Майăн 4-мĕшĕнче Амерсфоорт хулинче хурлăхлă чаплă процесси пулса иртнĕ. Унта нумай çынсем хутшăннă. Хула çывăхĕнчи масар çине Гитлер пусмăрĕнче асапланса вилнĕ нумай пин çынна пытарнă. Вăл шутра 500 çын ытла совет воинĕсем. Вĕсене гитлеровецсем Амерсфоортри концентрационнăй лагерьте асаплантарса вĕлернĕ. Масар çинче чечек кăшăлĕсем хунă хыççăн, траурлă процесси совет воинĕсене пытарнă вырăна пынă. Кунта вăрçă хыççăн пысăк памятник туса лартнă.

Совет Союзĕн посолĕ Г. Т. Зайцев тата Польша, Венгри, Чехословаки çĕршывĕсен дипломатилле миссийĕсен пуçлăхĕсем памятник умне чечек кăшăлĕсем хунă. Амерсфоорт хулинчи ĕçсыннисен ячĕпе Амерсфоорт бургомистрĕ Молендайк чечек кăшăлĕ хунă. Гитлер пусмăрне хирĕç çапăçса вилнĕ совет воинĕсен ятне асăнма пынă Голланди гражданĕсем памятник умне чечек сыххисем нумай хунă.

### ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ МИР СОВЕЧĔН БЮРОВĔН ЛАРĂВĔ

СТОКГОЛЬМ, майăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Паян, майăн 5-мĕшĕнче, Стокгольмра Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн Бюровĕн черетлĕ ларăвĕ уçăлнă. Ларăва Фредерик Жолио-Кюри профессор председатель пулса ертсе пырать.

Бюро ларăвне тĕрлĕ çĕршывсенчи миршĕн кĕрешекенсен представителĕсем хутшăнаççĕ.

### ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ МИР СОВЕЧĔН БЮРОВĔ ПĔЛТЕРНИ

СТОКГОЛЬМ, майăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн Бюровĕ пĕлтернинче çапла каланă: Бюровăн ĕнерхи ларăвĕнче Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн сессине хатĕрленес ыйтăва сÿтсе явнă.

## Патет-Лаори лару-тăру

ЛОНДОН, майăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви Вьен-Тьянран çапла пĕлтерет: «Лаосра вьетминецсем (агентство Патет-Лаори ирĕклĕхшĕн кĕрешекен халăх çарне çапла калать.—Ред.) 30 пин салтак пĕрлештерсе тăраççĕ. Вĕсене 4 колоннăна уйăрнă. Пĕр колонни Луан-Прабан патне çитнĕпе пĕрех.

Иккĕмĕш колонна Вьен-Тьян, виççĕмĕш колонна—Пак-Сан патне сывхарнă. Тăваттăмĕш колонна Сам-Неа патне çитнĕ. Ку пунктран французсем апрелĕн 13-мĕшĕнче тухса кайнă».

## Жак Дюклона вĕлерме тăнă

ПАРИЖ, майăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Париж çывăхĕнчи Монтрей мэрийĕнче Францири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарьне Жак Дюклона вĕлерме тăнă. Çав вăхăтра Дюкло мэрире пулман, ăна вĕлерейме. Вĕлерме тăнă çынна тытнă, ăна Монтрейри полици комиссариатне тытса панă.

Францири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарьне Жак Дюклона вĕлерме тăни мĕнле пулни çинчен «Юманите» хаçат тĕплĕн çырса пĕлтерет:

Ĕнер каçхине Париж çывăхĕнчи Монтрей мэрине (Жак Дюклон резиденцийĕ унта) пĕр паллă мар, хăйне Гастон Блан текен çын пырса кĕнĕ. Вăл Жак Дюклона курасшăн пулни çинчен пĕлтернĕ. Жак Дюкло мэрире пулман пирки ăна Дюкло секретарĕ йышăннă. Çак паллă мар çын кĕсьерен авăрланă револьвер кăларнă та Жак Дюкло секретарьне хăратма пуçланă. Анчах Жак Дюкло секретарĕ кабинетран тухса полицие чĕнсе илме ĕлкĕрнĕ.

Монтрейри полици участокĕнче çак террорист хăйне Люсьен Рико ятлă пулни палăрнă.

Франс Пресс агентстви Рико ăсран тухнă çын тесе кăтартса пама пăхать. Анчах çакăн пек калани тĕрĕс мар пулнине «Юманите» хаçат пĕтĕмпех тăрă шыв çине кăларнă.

Хаçат çакна палăртать: Монтрей мэрине пыриччен Рико Жак Дюклона килĕнче курасшăн пулнă. Кунта сăмах пирĕн партин секретарьне вĕлерес тесе çĕнĕрен талăнма хăтланни çинчен пырать, тесе çырать хаçат. Çакă вăл коммунизма хирĕç пуçласа янă ирсĕр кампанин результачĕ пулса тăрать.

Юлашкинчен хаçат çакăн çинчен аса илтерет: ку ĕнтĕ Жак Дюкло çине иккĕмĕш хут талăнни пулать. Малтанхи хут Жак Дюкло çине 1950 çулхи октябрь уйăхĕнче Жер департаментĕнчи Ош хулинче митингра тухса каланă чухне талăннă.

### АНГЛИПЕ ЕГИПЕТ ХУШШИНЧИ КАЛАÇУСЕМ

КАИР, майăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Официальнăй йĕркепе çапла пĕлтернĕ: Каирта Англипе Египет хушшинче пыракан калаçусене вăхăтлăха чарса лартнă. Англи çарĕсене Суэц каналĕн зонинчен илсе тухмалли принципсем пирки калаçса татăлма май килмен.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ майăн 5-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче фронтсенче нимĕнле улшăнусем те пулман.

Халăх çарĕн сыранри артиллерийĕ Хачирадо утравĕн районĕнче паян тăшманăн пĕр эсминецне сиен кÿнĕ тата пĕр моторлă судна путарнă.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем тăшманăн 4 самолетне персе ÿкернĕ.

ПХЕНЬЯН, майăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче фронтсенче нимĕнле улшăнусем те пулман.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 3 самолетне персе ÿкернĕ.

## Америка авиацийĕ Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине çаплах тапăнать

ПХЕНЬЯН, майăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Америка авиацийĕ Çурçĕр Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине çаплах бомбăсем пăрахать. США сывлăш-çар самолечĕсем республикăн ялхуçалăх районĕсем çине тапăнаççĕ, вĕсем çурăлса каякан бомбăсем питĕ нумай пăрахаççĕ, çураки тăвакан хресченсем çине пулеметсенчен переççĕ.

Корейăри тĕп телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, апрелĕн 20-мĕшĕнчен пуçласа 30-мĕшне çитиччен Америка самолечĕсем Кăнтăр Хамген провинцийĕнче ялсем çине тĕрлĕ калибрлă бомбăсем 2.700 ытла пăрахнă. Мирлĕ халăх хушшинче вилнĕ çынсем çĕршерĕн шутланаççĕ. Хресченсен çурчĕсене нумай ишĕлтерсе пĕтернĕ, ялхуçалăх инвентарĕ чылай пĕтнĕ.

## Корейăра перемири çинчен пыракан калаçусем

ПЕКИН, майăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран Корейăпа Китай делегацийĕ паян пичетлесе кăларнă çакăн пек пĕлтерĕве парать:

Майăн 5-мĕшĕнче икĕ енĕн делегацийĕсем тĕл пулнă.

Ларура Корейăпа Китай енĕн делегацийĕн пуçлăхĕ генерал Нам Ир çапла каланă:

«Пирĕн енĕ çак шухăша çине тăрса хÿтĕлет: тÿрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисене нейтральнăй государствăна илсе каймалли принципа йышăнас пулсан, икĕ енĕн нейтральнăй государство вырăнне Азири çĕршыва суйласа илесси çинчен калаçса татăлмалла. Сирĕн енĕ майăн 4-мĕшĕнчи пĕрлехи ларура нейтральнăй государство вырăнне Азири çĕршывсенчен пĕрне кандидата тăратассипе килĕшрĕ, çак кандидат вырăнне вăл Пакистана тăратрĕ. Çакна ырлама тивĕçлĕ. Эпир çакна пĕлесшĕн: тÿрех репатриаци туман çар çыннисене çак нейтральнăй государствăна илсе кайма сирĕн енĕ килĕшет-и, пирĕн енĕ кăларса тăратнăултă пунктран тăракан сĕнĕве пурнăçлама килĕшет-и».

Тепĕр енĕ çапла каланă: вăл, халиччен хи пекех, тÿрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисене нейтральнăй государствăна илсе каясси не хирĕç тăрать, тенĕ. Анчах вăл çакăн пек хирĕç тăнине нимĕнле сăлтавсемпе те çирĕплетсе пама пултараймаи.

Генерал Нам Ир çапла кăтартса панă: «Икĕ енĕн делегацийĕсен халĕхи вăхăтра татса памалли чи кирлĕ ыйту вăл çакă пулать: тÿрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисене нейтральнăй государствăна илсе каймалла-и е вĕсене Корейăра хăвармалла, вĕсене Корейăра тăнă вăхăтра çав нейтральнăй государство хÿттине памалла. Çаксем вĕсем тĕпрен уйрăлса тăракан икĕ тĕрлĕ шухăш. Вĕсене пурнăçлама тĕрлĕ конкретлă мероприятисем йышăнни кирлĕ. Пирĕн енĕ, халиччен хи пекех, тÿрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисене нейтральнăй государствăна илсе каймалла тесе шутлать, вĕсене Корейăра хăварассине хирĕç тăрать. Эпир вĕсене нейтральнăй государствăна илсе кайни чи тĕрĕс тата практикăллă ĕç пулать тесе шутлатпăр. Сирĕн енĕ тыткăнри çар çыннисене Корейăра нейтральнăй государствăн хăйĕн опекине илмелле тесе шутлать, ку тĕлĕшпе вăл Пакистан кандидатурине тăратрĕ. Сирĕн енĕн халех ĕнтĕ нейтральнăй государство хăйĕн функцийĕсене мĕнле майпа пурнăçласси çинчен тĕплĕн пĕлсе тăмалла. Эпир çакна пĕлесшĕн: тыткăнри çар çыннисене вĕсене тыткăна илнĕ çĕршыв тĕрĕслесе тăнинчен хăтармалла тăвас шутпа сирĕн енĕ мĕнле ĕçсем тума шутлать? Сирĕн енĕ нейтральнăй государствăна тыткăнри çар çыннисене хăйĕн аллинче тытса тăма мĕнле майсем туса пама шутлать? Хăвăр кăтартса панă тăрăхах, тыткăнри çынсем вуншар пин шутланаççĕ. Сирĕн енĕ тыткăнри çар çыннисен лагерĕсенче мĕнле майпа йĕркелĕхпе лăпкăлăх туса хума шутлать? Тыткăнри çар çыннисене опекăна илме нейтральнăй государствăн хăйĕн хĕçпăшаллă вăйĕсене Корейăна илсе пымалла-и? Сирĕн енĕ нейтральнăй государствăран çавăн пек тума ыйтма шутлать-и? Эпĕ сирĕн енĕ çак ыйтусем пирки ăнлантарса парасса шанса тăратăп».

Анчах тепĕр енĕ паянхи ларура генерал Нам Ир панă çак ыйтусем çине нимĕнле ответ та паман. Тепĕр енĕ нейтральнăй государство вырăнне йышăнма кандидат малтанах тăратнă. Генерал Нам Ир çакна пĕлесшĕн пулнă: нейтральнăй государство хăйĕн обязанноçĕсене мĕнле майпа пурнăçлама пултарать?

Юлашкинчен генерал Нам Ир тепĕр енĕ делегацисен майăн 6-мĕшĕнче пулакан ларăвĕнче пирĕн енĕ панă ыйтусем çине ответ парасса шанса тăни çинчен каланă.

Икĕ енĕ те майăн 6-мĕшĕнче 11 сехетре тĕл пулма килĕшнĕ.

## Президент Эйзенхауэр конгреса чĕнсе калани

ВАШИНГТОН, майăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Майăн 5-мĕшĕнче Эйзенхауэр правительстви çитес финанс çулĕнче ют çĕршыв государствисене пулăшу памалли программăна конгресра пăхса тухма тăратнă. Правительство çак ĕçсем валли 5.828 миллион доллар укçа уйăрса пама ыйтать. Унччен çак ĕçсем валли Трумэн 7.600 миллион доллар укçа уйăрса пама ыйтнă.

Эйзенхауэр конгреса чĕнсе каланинче çакна кăтартса панă: çак укçаран 5.250 миллион доллар чухлĕ США-н «тусĕсемпе союзникĕсене хĕçпăшаллантарма тата вĕсен оборона пултарулăхне вăйлатма» каймалла. Çак çĕршывсен, «ресурсĕсемпе лайăхрах усă курмалла тăвас тĕллевпе техникăлла, экономикăлла ĕçсем тата тĕпчев ĕçĕсем туса иртерме» 550 миллион доллар памалла. Вăрçă ĕçĕсем валли çакăн чухлĕ нумай укçа уйăрса пама ыйтса, Эйзенхауэр: Совет Союзĕ енчен чăннипе мирлĕ ĕçсем тума тăрăшни çук, тесе ĕнентерме пăхнă.

ВАШИНГТОН, майăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Президент конгреса чĕнсе каланипе пĕрлех, конгреса правительство хатĕрленĕ закон проектне тăратнă. Çак проект «пĕр-пĕрин хушшинче хăрушсăрлăх туса хурасси çинчен» текен закон çумне чылай тÿрлетÿсем кĕртме палăртать. Ют çĕршывсене пулăшу пама тесе уйăракан 5,8 миллиард доллар ытларах укçаран 4 миллиард доллар «пĕр-пĕрин хушшинче хăрушсăрлăх туса хурасси çинчен» текен закон тăрăх «çар çыннисене вĕрентсе хатĕрлеме тата çар материалĕсем тăратма» уйăрма палăртнă.

Правительство хатĕрленĕ закон проекчĕ Керстен тÿрлетĕвĕ тенĕскерне çаплипех хăварать. Çак тÿрлетÿ тăрăх, Совет Союзне тата халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç диверсилле тата сăтăрла ĕçсем тума 100 миллион доллар укçа пама палăртнă. Халĕ Керстен тÿрлетĕвĕ тенĕскерĕпе Азири çĕршывсем тĕлĕшпе усă курма йышăннă.

## Тунисри суйлавсем путланса ларнă

ПАРИЖ, майăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Парижри хаçатсем Франци влаçĕсем Тунисра муниципалитетсен суйлавне иртерме хăтланни путланса ларни çинчен пĕлтереççĕ. «Юманите» хаçат çырнă тăрăх, çĕршывра суйлав списокĕсене кĕртнĕ Тунис çыннисенчен 70 проценчĕ сасăлама хутшăнман. Тунис хулинче Тунис çыннисем суйлава пурĕ те 8,8 процент кăна хутшăннă. Кандидатсенчен нумайăшĕ муниципальнăй совета 20—30 сасăпа кăна суйланнă. Солиман пунктĕнче тата Мензель Бу Зельфра, тĕрĕссипе илсен, нимĕнле суйлав та пулман, мĕншĕн тесен суйлав участокĕсене пĕр çын та пыман. Солиман пунктĕнче икĕ эрне каялла Франци влаçĕсем Тунисри Коммунистсен партийĕн секретарьне Ахмед Сахабуна арестленĕ пулнă. Мензель Бу Зельфра лĕлтĕр полици «шанчăксăр çынсенчен» тасатас тĕлĕшпе операцисем иртернĕ.

Буржуалла чылай хаçатсем Франци çыннисем те суйлава хутшăнманни çинчен çыраççĕ. «Фран Тирер» хаçат çырнă тăрăх, Тунис хулинче суйлавçăсен списокне кĕртнĕ французсенчен 70 проценчĕ сасăлама хутшăнман.

### ЕГИПЕТРА РЕСПУБЛИКА ТУСА ХУМА ХАТĔРЛЕННИ

ЛОНДОН, майăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин Каирти корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, правительство конституци туса хатĕрлеме уйăрнă комитет ĕнер, пĕр шухăшлă пулса, Египетра республика туса хума кирлĕ тенипе килĕшнĕ.

### САНАТОРИСЕМПЕ КУРОРТСЕНЕ ТАТА КАНМАЛЛИ ÇУРТСЕНЕ КАЙМА

Потребкооперации работникĕсен профсоюзĕн обкомĕ кăçал профсоюз членĕсене санаторисемпе курортсене тата канмалли çуртсене яма 80 пин тенкĕ укçа уйăрнă. Çапла вара çак профсоюз членĕсенчен кăçал 80 çын канмалли çуртсенче, 48 çын инçетри курортсемпе санаторисенче пулаççĕ.

Профсоюз членĕсен ачисен çуллахи канăвне лайăх йĕркелес тĕлĕшпе пионер лагерĕсене кайма путевкăсем параççĕ. Кăçал 150 ачана путевкăсем пама пăхнă. Шкул ачисен çуллахи канăвне лайăх йĕркелеме государствăн социальнăй страховани енĕпе 60 пин тенкĕ укçа уйăрса параççĕ.

А. АЛЕКСЕЕВ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

## СССР халăх хуçалăхне юсаса малалла аталантармалли пиллĕкмĕш государственнăй заем

### 5-мĕш вылявра выигрышсем тухнине кăтартакан СПРАВКА-ТАБЛИЦА

Выляв 1953 çулхи апрелĕн 26-мĕшĕнче Тамбов хулинче пулнă.

Таблицăра 100 тенкĕлĕх облигацисем çине выигрышсем тухнине кăтартнă. Выигрыш суммине выляса илнĕ облигаци хакĕ те кĕрет.

Заемăн мĕнпур 275 разрядĕнчи çак серисемпе облигацисен номерĕсем çине выигрыш тухнă:

| Сери №№ | Облигаци №№ | Мисе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Мисе тенкĕ |
|---|---|---|---|---|---|
| 080480 | 1—50 | 200 | 090815 | 1—50 | 200 |
| 080564 | 45*) | 1.000 | 090879 | 06*) | 1.000 |
| 080611 | 19*) | 1.000 | 091180 | 1—50 | 200 |
| 080918 | 1—50 | 200 | 091191 | 04*) | 1.000 |
| 081305 | 15*) | 1.000 | 091261 | 44*) | 1.000 |
| 081438 | 1—50 | 200 | 091344 | 1—50 | 200 |
| 081495 | 1—50 | 500 | 091574 | 31*) | 1.000 |
| 081760 | 1—50 | 200 | 091653 | 31*) | 1.000 |
| 081852 | 25*) | 1.000 | 091759 | 1—50 | 200 |
| 082000 | 45*) | 10.000 | 091871 | 1—50 | 200 |
| 082069 | 44*) | 1.000 | 091896 | 29*) | 1.000 |
| 082146 | 39*) | 1.000 | 091991 | 1—50 | 200 |
| 082167 | 18*) | 1.000 | 092051 | 25*) | 1.000 |
| 082172 | 1—50 | 500 | 092107 | 32*) | 1.000 |
| 082179 | 38*) | 1.000 | 092258 | 1—50 | 500 |
| 082336 | 18*) | 1.000 | 092378 | 22*) | 5.000 |
| 082903 | 26*) | 5.000 | 092381 | 09*) | 1.000 |
| 083372 | 1—50 | 200 | 092586 | 32*) | 1.000 |
| 083508 | 1—50 | 200 | 092650 | 1—50 | 200 |
| 083539 | 46*) | 1.000 | 092799 | 26*) | 1.000 |
| 083582 | 33*) | 1.000 | 092902 | 04*) | 1.000 |
| 083682 | 37*) | 1.000 | 092995 | 1—50 | 200 |
| 083692 | 1—50 | 200 | 093039 | 1—50 | 200 |
| 083715 | 25*) | 1.000 | 093726 | 37*) | 1.000 |
| 083820 | 09*) | 1.000 | 093853 | 1—50 | 500 |
| 083946 | 44*) | 1.000 | 093860 | 46*) | 1.000 |
| 084006 | 1—50 | 200 | 093985 | 18*) | 5.000 |
| 084032 | 14*) | 10.000 | 094017 | 10*) | 1.000 |
| 084254 | 1—50 | 500 | 094105 | 33*) | 1.000 |
| 084319 | 23*) | 1.000 | 094153 | 1—50 | 200 |
| 084341 | 24*) | 1.000 | 094264 | 45*) | 1.000 |
| 084383 | 37*) | 1.000 | 094292 | 32*) | 1.000 |
| 084428 | 1—50 | 200 | 094357 | 09*) | 1.000 |
| 084504 | 1—50 | 200 | 094566 | 1—50 | 200 |
| 085015 | 47*) | 1.000 | 094597 | 46*) | 1.000 |
| 085024 | 44*) | 1.000 | 094611 | 1—50 | 200 |
| 085063 | 29*) | 1.000 | 094660 | 1—50 | 200 |
| 085294 | 1—50 | 200 | 094749 | 36*) | 1.000 |
| 085337 | 07*) | 1.000 | 094773 | 38*) | 1.000 |
| 085438 | 45*) | 1.000 | 094903 | 02*) | 1.000 |
| 085529 | 06*) | 1.000 | 095145 | 16*) | 1.000 |
| 085632 | 15*) | 1.000 | 095193 | 14*) | 1.000 |
| 085790 | 1—50 | 200 | 095342 | 1—50 | 500 |
| 085933 | 07*) | 5.000 | 095493 | 34*) | 1.000 |
| 085973 | 1—50 | 500 | 095512 | 30*) | 1.000 |
| 086021 | 49*) | 1.000 | 095515 | 1—50 | 200 |
| 086097 | 31*) | 1.000 | 095524 | 1—50 | 200 |
| 086105 | 28*) | 1.000 | 095597 | 46*) | 1.000 |
| 086680 | 45*) | 1.000 | 095647 | 38*) | 1.000 |
| 086688 | 06*) | 1.000 | 095729 | 31*) | 1.000 |
| 086805 | 06*) | 5.000 | 095860 | 1—50 | 200 |
| 086832 | 10*) | 1.000 | 095902 | 1—50 | 200 |
| 086932 | 1—50 | 200 | 096064 | 1—50 | 500 |
| 087125 | 1—50 | 200 | 096108 | 1—50 | 200 |
| 087197 | 1—50 | 500 | 096418 | 41*) | 1.000 |
| 087352 | 01*) | 5.000 | 096561 | 30*) | 1.000 |
| 087545 | 05*) | 1.000 | 096623 | 11*) | 1.000 |
| 087822 | 50*) | 1.000 | 096759 | 05*) | 1.000 |
| 087954 | 32*) | 1.000 | 096981 | 38*) | 1.000 |
| 088005 | 1—50 | 200 | 097103 | 1—50 | 200 |
| 088187 | 08*) | 1.000 | 097151 | 15*) | 1.000 |
| 088440 | 01*) | 1.000 | 097290 | 1—50 | 200 |
| 088712 | 27*) | 5.000 | 097364 | 05*) | 5.000 |
| 088716 | 27*) | 1.000 | 097386 | 29*) | 5.000 |
| 088826 | 20*) | 1.000 | 097401 | 1—50 | 200 |
| 088883 | 1—50 | 200 | 097441 | 1—50 | 200 |
| 089009 | 1—50 | 200 | 097558 | 41*) | 1.000 |
| 089064 | 22*) | 5.000 | 097907 | 1—50 | 200 |
| 089145 | 1—50 | 200 | 097959 | 1—50 | 200 |
| 089318 | 1—50 | 200 | 098175 | 1—50 | 200 |
| 089611 | 1—50 | 200 | 098183 | 37*) | 1.000 |
| 089657 | 1—50 | 200 | 098313 | 45*) | 1.000 |
| 089739 | 1—50 | 200 | 098372 | 36*) | 1.000 |
| 089878 | 1—50 | 200 | 098392 | 29*) | 1.000 |
| 089925 | 1—50 | 200 | 098600 | 33*) | 1.000 |
| 089930 | 29*) | 1.000 | 098603 | 44*) | 1.000 |
| 089939 | 19*) | 1.000 | 098665 | 01*) | 10.000 |
| 090011 | 1—50 | 200 | 098707 | 09*) | 1.000 |
| 090029 | 45*) | 1.000 | 098713 | 32*) | 1.000 |
| 090138 | 1—50 | 200 | 098718 | 1—50 | 200 |
| 090195 | 07*) | 10.000 | 098733 | 15*) | 1.000 |
| 090275 | 19*) | 1.000 | 098786 | 47*) | 1.000 |
| 090358 | 05*) | 1.000 | 098909 | 24*) | 1.000 |
| 090383 | 1—50 | 500 | 098922 | 12*) | 1.000 |
| 090433 | 45*) | 1.000 | 098935 | 25*) | 1.000 |
| 090476 | 24*) | 1.000 | 099053 | 24*) | 5.000 |
| 090498 | 28*) | 1.000 | 099374 | 35*) | 1.000 |
| 090529 | 31*) | 25.000 | 099569 | 44*) | 1.000 |
| 090560 | 27*) | 1.000 | 099821 | 1—50 | 200 |
| 090592 | 06*) | 1.000 | 099877 | 04*) | 1.000 |
| 090807 | 1—50 | 500 | 099902 | 11*) | 1.000 |

*) Çак серие кĕрекен облигацисен ытти 49 номерĕ 200-шер тенкĕ выляса илнĕ.

ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.

*ТЕАТР*

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — майăн 8-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Вас вызывает Таймыр». Пуçламăшĕ 20 сехетте 30 минутра.

*КИНО*

«РОДИНА»—майăн 8-мĕшĕнче кăнтăрла илемлĕ фильм «Мужество». Сеанссем 12 тата 14 сехетре пуçланаççĕ. Каçхине—çĕнĕ илемлĕ фильм-спектакль «Весна в Москве». Сеанссем 16 сехетре, 18 сехетте 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.

«УДАРНИК»—майăн 8-мĕшĕнче илемлĕ фильм «У них есть Родина» (çĕнĕ копи).

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01120 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.